ПЕТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Январь 4

ВЫРСАРНИКУН

№ 3 (8912)

35-мĕш çул тухать.

Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# Парти кандидачĕсене воспитани парас ĕçе лайăхлатар

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Уставĕ парти членĕн ятне тата çÿлĕрех пусăма çĕклет. Коммунизм строительствин аслă задачисене пурнăçланă тапхăрта парти хăйĕн членĕсене тата лайăхрах ĕçлеме, парти ĕçĕшĕн ответлăха ÿстерсе пыма хушать.

Парти Уставĕ парти организацийĕсене кандидатсене парти членне кĕме хатĕрленес ĕçре пулăшма хушать. Парти организацийĕ кандидатсене парти членне кĕме хатĕрленмешкĕн пулăшма тивĕçлĕ,—тенĕ партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă КПСС Уставĕнче. — Кандидат стажĕ иртнĕ хыççăн парти организацийĕн парти пухăвĕнче парти членĕй кандидачĕ çинчен ыйту пăхса тухмалла. Парти кандидачĕ парторганизаци вырăнлă тесе йышăнакан сăлтавсене пула хăйне çителĕклĕ палăртма пултарайман пулсан, партин пуçламăш организацийĕ ăна кандидат стажне пĕр çулталăкран ытла мар срокláха тăсса пама пултарать. Кандидатра тăнă чухне парти кандидачĕ хăйĕн пахалăхĕсем тĕлĕшпе парти членĕ пулма тивĕçлĕ марри палăрсан, парти организацийĕ ăна парти кандидатĕнчен кăларасси çинчен решени йышăнать

КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçласа, республикăри парти организацийĕсем нумайăшĕ кандидатсемпе ĕçлессине тимлĕрех пăхма, вĕсене партипе обществăллă ĕçе ытларах хутшăнтарма пуçларĕç, çамрăк коммунистсене вĕрентессине хăшпĕр енчен лайăхлатрĕç.

Анчах çак ĕçре çаплах пысăк çитменлĕхсем нумай-ха. Парти организацийĕсенче чылайăшĕнче парти кандидачĕсене политикăна вĕрентес ĕçе организацилесси çине çиелтен пăхассине пĕтермен, кружоксемпе политшкулсенчи занятисен идейăллă содержанине лайăхлатасси çине кирлĕ пек пăхмаççĕ, харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен çамрăк коммунистсем мĕнле ĕçленине куллен тĕрĕслесе тăмаççĕ. Нумай организацисем çамрăк коммунистсене обществăллă тата политикăллă пурнăçа активлăн хутшăнтармаççĕ. Час-часах çакăн пек те пулать: пĕр-пĕр çын партие кĕме хатĕрленнĕ вăхăтра парти организацийĕ вăл мĕнле ĕçленипе хăшпĕр таран интересленет, ăна обществăллă ĕçе хутшăнтарма, политика енĕпе вĕрентме, ĕçре ÿстерме тăрăшать. Анчах çак юлташа партие илеççĕ кăна, вара ун çинчен шутлама пăрахаççĕ тата час-часах манса та каяççĕ. Çакăн çинчен калать ĕнтĕ, тĕслĕхрен, чылай районсенчи парти организацийĕсенче кандидат стажĕ тухнă коммунистсен йышĕ пысăк пулни Тĕслĕхрен, Комсомольскипе Вăрмар районĕсенчи парти организацийĕсенче мĕнпур кандидатсенчен 80 проценчĕн кандидатра тăмалли стажĕ иртнĕ Стаж иртнĕ коммунистсен йышĕ Элĕкпе Калинино районĕсенче те пысăк

Парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен КПСС Уставĕ кандидатсемпе ĕçлеме хушнисене тимлĕн пурнăçласа пымалла. Кандидатсене КПСС членне илме хатĕрленессишĕн пуçламăш парторганизацисен ответлăхне ÿстермелле. Вĕсен партие илекен юлташсен политикăллă тата ĕçлĕхлĕ пахалăхне тĕплĕнрех пĕлмелле. Кандидатра тăмалли тапхăр вăл кандидата воспитани памалли, унăн пахалăхĕсене тĕрĕслемелли, çавăн пекех тата ăна парти Уставĕпе, программипе тата тактикипе паллаштармалли тапхăр пулмалла.

Хула комитечĕсемпе райкомсен тата пуçламăш парторганизацисен парти членĕсемпе кандидачĕсене идейăллă-политикăллă воспитани парас ĕçе татăклăн лайăхлатмалла Çамрăк коммунистсене малтанхи кунсенченех парти членĕсемпе кандидачĕсен обязанноçĕсене тĕплĕн пурнăçлама вĕрентсе пымалла. Вĕсене парти поручениĕсене пурнăçлама вĕрентни тăрăх парти ĕçĕшĕн кĕрешме пултаракан чăн-чăн боецсем пулма воспитани памалла. Парти кандидачĕсем хăйсене хушса панă ĕçсене вăхăтра тата хăйсен мĕнпур пĕлĕвĕсемпе пултарулăхне парса пурнăçласа пычччăр. Парти поручениĕ вăл çамрăк коммунистсене воспитани памалли чи кирлĕ майсенчен пĕри пулса тăрать. Коммунист ĕçне вăл парти поручение мĕнле пурнăçлани тăрăх виçеççĕ. Анчах парти поручение ячĕшĕн кăна пани пулмалла мар. Ку вăл чĕрĕ ĕçе пĕтерсе лартма пултарать. Ячĕшĕн паракан поручени парти кандидатне ÿсме пулăшмасть, вăл ĕç çине формально пăхма кăна вĕрентме пултарать. Парти поручение панă чухне коммунистăн пултарулăхне, опытне, унăн политикăллă хатĕрленĕвне шута илмелле. Хăех те паллă ĕнтĕ, парти поручение кандидат мĕнле пурнăçланине парти организацийĕн куллен тĕрĕслесе тăмалла, ăна вăл парти поручение пурнăçлама вăхăтра пулăшу памалла. Çапла майпа кăна парти организацийĕ кандидатсене дисциплинăллă пулма, хушнă ĕçсемшĕн ответлăха туйма воспитани пама пултарать.

Парти кандидачĕсене воспитани парас ĕçе лайăхлатас тени—парти кандидачĕсемпе куллен ĕçлемелле тенине, вĕсене лайăх пĕлмелле, вĕсем мĕнле ÿснинĕ тăтăш тĕрĕслесе тăмалла, вĕсем хăйсене мĕнле тытнинине пĕлмелле тенине пĕлтерет Кашни кандидат парти организацийĕнче активлă ĕçлемелле.

Çамрăк коммунистсене воспитани парас ĕçе вăйлатас тĕлĕшпе парти организацийĕсен ĕçĕнчи мĕнпур майсемпе усă курмалла. Кандидатсене политшкулсене, кружоксене хутшăнтармалла, вĕсем валли лекцисем, докладсем туса памалла, консультацисем ирттермелле. Харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен коммунистсене практикăллă пулăшу парасси çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла. Парти кандидачĕсен КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе материалĕсене, КПСС Уставне, Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генийлĕ произведенине çине тăрса вĕренмелле.

Коммунистсем парти решенийĕсене пурнăçлассишĕн практикăллă ĕçе активлă хутшăнса ĕçленипе идея тĕлĕшĕнчен ÿсе пыçĕхеççĕ, организацилле ĕçсен хăнăхăвне вĕренеççĕ. Парти организацийĕ чĕн чухлĕ активлăрах ĕçлет, унта парти ăшĕнчи демократине мĕн чухлĕ лайăхрах тытса пыраççĕ, критикăпа самокритикăна вăйлатса пыраççĕ, çамрăк коммунистсем парти членĕ умне тухса тăракан пысăк ыйтусене çавăн чухлĕ хăвăртрах та ăнăçлăрах вĕренсе пыраççĕ.

Çакна май парти организацийĕсенче партилле-организацилле тата политикăллă ĕçе лайăхлатса пырасси уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрать. Парти организацийĕ парти пухăвĕсене вăхăтра ирттерет пулсан, парти пурнăçне мĕнпур коммунистсем активлăн хутшăнаççĕ пулсан, критикăпа самокритикăна вăйлатса пыраççĕ пулсан, унта парти членĕн кандидачĕ çулталăк хушшинче парти членне ăнăçлă хатĕрленсе çитме пултарать.

Хальхи вăхăтра республикăри парти организацийĕ умĕнче КПСС XIX-мĕш съезчĕн историлле решенийĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе пысăк задачăсем тăраççĕ. Çак задачăсене партилле-политикăллă ĕçе малалла лайăхлатса пынипе, парти массисен активлăхне пур майсемпе те ÿстернипе, идейăллă воспитани ĕçне малалла лайăхлатса пынипе кăна ăнăçлăн татса пама пулать.

## И. В. Сталин юлташăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем“ ятлă произведенине тата партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене пичетлесе кăларни

И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă классикăллă произведенийĕ, вăл партин XIX-мĕш съездĕнче каланă сăмах, КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем партие совет халăхне ССР Союзĕнче коммунизм туса çитерессишĕн кĕрешмелли программăпа хĕçпăшаллантарчĕç. Çак документсене пысăк тиражпа пичетлесе кăларнă. Вĕсене пирĕн ĕçхалăхĕ ĕçсынисем тимлĕ вĕренеççĕ.

И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генийлĕ произведенине 20 миллион экземпляр пичетлесе кăларнă.

И. В. Сталин юлташ партин XIX-мĕш съезчĕн юлашки ларăвĕнче каланă сăмах 10 миллион экземпляр пичетленсе тухнă.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Уставне 8 миллион экземпляр ытла пичетлесе кăларнă.

Тата çак кĕнекесене пысăк тиражпа пичетлесе кăларнă: «Г. Маленков. ВКП(б) Центральнăй Комитечĕн ĕçĕсем çинчен партин XIX съездне туса панă отчетлă доклад», «Н. Хрущев. ВКП(б) Уставĕнчи улшăнусем çинчен партин XIX съездне туса панă доклад», «Партин XIX съезчĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсем». Съездăн ытти материалĕсене те пысăк тиражпа пичетлесе кăларнă.

## Çуракине тухнă

АШХАБАД, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Туркмен ССР-ĕнчи колхозсем çурхи тулă акма тытăннă. Серах районĕнче 150 гектар акнă.

Ашхабад районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз уй-хирĕнче икĕ трактор сеялкăпе тырă акаççĕ.

Сывăх кунсенче ытти районсенче те пучахлă тырăсене акма пуçлаççĕ.

# Совет Союзĕ тăрăх



Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче комсомолец Борис Коваленко Хура тинĕс çинчи флотра матрос пулнă. Контузи пирки унăн куç курми пулса тăнă Ана В П Филатов профессор сыватнă Халĕ Б. Е. Коваленко «Куйбышевгидростройра» экскаваторщиксен бригадирĕ. В. П. Филатов профессорпа Б Е Коваленко Мускавра мирщĕн тăракансен 4-мĕш конференцийĕнче тĕл пулнă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: профессор В. П. Филатов тата Б. Е. Коваленко.

В. ЕГОРОВ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Çĕнĕ çул пуçланнă кунсенче

МАГНИТОГОРСК. Магнитогорскри Сталин ячĕпе тăракан комбинатри металлургсем производство процесне хăвăртлатса пыраççĕ. Пĕрремĕш мартен цехĕнче хурçă шăратакан Гаврин юлташ 8 сехет хушшинче хурçă шăратса кăларнă (норма тăрăх 10 сехет хушшинче шăратса кăлармалла) Прамков юлташ хурçă шăратассине нормăра кăтартнинчен 2 сехет те 50 минут хăвăртлатнă. Виççĕмĕш мартен цехĕнче çĕнĕ пилĕк çуллăх плана срокчен тултарассишĕн социализмлă ăмăрту пуçарса янă Творогов, Акшинцев тата Старостин юлташсем ĕçлеççĕ. вĕсем январĕн 1-мĕшĕнче пурте хăвăрт майпа хурçă шăратса кăларнă. Цех коллективĕ çĕнĕ çул пуçланнă кун планран ирттерсе пĕр хут хурçă шăратнă. Январĕн 1-мĕш кунĕнче декабрĕн юлашки кунĕсенче шăратса кăларнинчен ытларах чугун шăратса панă.

ЭЛЕКТРОСТАЛЬ (Мускав облаçĕ). «Электросталь» заводри хурçă шăратакансем çĕнĕ çул пуçланнине производствăри çĕнĕ çитĕнÿсемпе паллă турĕ. Январĕн 1-мĕшĕнче хурçă шăратакансем графикран чылай маларах иртсе ĕçленĕ.

Хурçă шăратакан иккĕмĕш цехра çĕнĕ çул кунĕ В. Медведев, Н. Туркин тата И. Калугин юлташсем ĕçленĕ. Стахановецсем хурçă хăвăрт майпа шăратнă, плана 25 процент ирттерсе тултарнă.

Январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС).

## Партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене тата И. В. Сталин юлташăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем“ ятлă произведенине вĕренеççĕ

ЧЕЛЯБИНСК. Парти обкомĕ партин хула комитечĕсемпе райкомĕсен пропагандăпа агитаци пайĕсен заведующийĕсем, штатри лекторсен, пропагандистсен семинарне ирттернĕ. Семинарта И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ çинчен тата партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тăрăх 16 докладпа лекци вуласа панă. Семинарта пулнисем И. В. Сталин юлташăн генийлĕ çĕнĕ ĕçне тата съезд материалĕсене парти вĕренĕвĕн кружокĕсемпе шкулĕсенче вĕренесси çинчен сÿтсе явнă.

Партин хула комитечĕсемпе райкомĕсен пĕрремĕш секретарĕсем валли те И. В Сталин юлташăн классикăллă произведенине тата партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене вĕренмелли семинар ирттернĕ. Ку ыйтусемпе колхозсенчи парторганизаци секретарĕсем те — пĕр уйăхлăх курсра вĕренекенсем—лекцисем итленĕ.

ЯКУТСК. Республикăри парти активĕ партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене тата И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генийлĕ произведенине тĕплĕн вĕренет. Якутск хулинче парти обкомĕ районти хаçат редакторĕсен пĕр уйăхлăх курсне ирттернĕ. Парти райкомĕсен пĕрремĕш секретарĕсем валли те семинар ирттернĕ. КПСС Якутск хула комитечĕн штатра тăман пропагандисчĕсен семинарĕ ĕçлеме пуçланă.

ГРОЗНЫЙ. Парти обкомĕ партин хула комитечĕсемпе райкомĕсен секретарĕсен семинарне ирттернĕ. Вĕсем семинарта И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ çинчен тата партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен лекцисем итленĕ.

УЛАН-УДЭ. КПСС Бурят-Монгол обкомĕ парти райкомĕсемпе хула комитечĕсен секретарĕсен тата пропагандăпа агитаци пайĕсен заведующийĕсен семинарне ирттернĕ. Вĕсем семинарта «И. В Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийĕ —марксизм-ленинизм теорине пуянлатакан питĕ пысăк ĕç» темăпа лекци итленĕ.

Январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС).

## Тырпула шăвармалли система тунă çĕрте

СНИГИРЕВКА (Николаев облаçĕ), январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Уйри тырпула шăвармалли Тури Ингулец системине тăвакансем 1952 çулта чылай пысăк çитĕнÿсем тунă. Вĕсем темиçе уйăх хушши ĕнтĕ «Укрводстройăн» строительствăпа монтаж управленийĕсем социализмлă ăмăртăвĕнче малта пыраççĕ.

— Строительсем 1953 çулта мĕнле ĕçсем тумалла пулать?—çакăн пек ыйту панă ТАСС корреспонденчĕ Снигиревкăри строительствăпа монтаж управлени начальникне Драчинский юлташа.

— Тури Ингулец системине тăвас ĕç,—тесе каланă Драчинский юлташ,—татăклă тапхăра кĕрет. Çĕнĕ çулта, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 2,5 хут нумайрах ĕç тумалла пулать. Шыв пырса тăмалли пысăк канала часах пĕтермелле. Çавăн пекех тата Снигиревка тата Октябрьски районĕнчи колхозсемпе совхозсен 50 пин гектар çĕрĕ çине тырпула шăварма шыв илсе пымалли 6 канал чавса пĕтермелле. Пысăк канал çинче шыва пÿлмелли темиçе хапха, дюкер, насус станцин çĕр айĕнчи пайне туса лартма палăртнă. Ингулец шывне 60 метр çÿлĕшне хăпартма 7 хăватлă насус вырнаçтарса лартмалла. Николаев çывăхĕнче Октябрьски водохранилище ĕçе кĕрет, унта 16 миллион кубометр шыв тăмалла пулать. 1953 çулта Каховкăпа Снигиревка хушшинче пысăк вольтлă электролини туса пĕтермелле.

Строительствăра çĕр чавмалли машинăсем, 1952 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут нумайрах пулаççĕ. Çĕнĕ çул тĕлне Брянскри завод коллективĕ пире валли хăватлă грейдералеваторсем 8 туса панă. Çавăн пекех эпир нумай курăклă экскаваторсем, канал чавмалли машинăсем, бульдозерсем, скреперсем, тракторсем нумай илтĕмĕр. Машинăсене юсамалли механически завод тата бетон заводĕ ĕçе кĕреççĕ, çĕнĕрен 4 строительство участокĕ ĕçлеме пуçлаççĕ.

## Рязаньри заводсен çĕнĕ продукцийĕ

РЯЗАНЬ, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). 1953 çул пуçланнă кунсенче облаçри нумай предприятисем çĕнĕ продукци туса кăларма тытăннă.

«Рязсельмаш» завод çĕрулми лартмалли культиваторсем, çĕрулми купаламалли машинăсем, çĕрулми кăлармалли, çĕрулми сортламалли машинăсем туса кăларма тытăннă. Çав машинăсем çĕрулми лартса ÿстерес ĕçе пĕтĕмпех механизацилеме май параççĕ. Скопинăри машинăсем тăвакан завод шахтăсем валли çĕнĕ транспортер туса кăларнă.

«Коммунистическая заря» завод шĕвĕ чугунран сурт çине витмелли листасем туса кăларать. Лебедянри машинăсем тăвакан завод артезиан насусĕсем туса кăларма тытăннă, вĕсем 108 метр тарăнăшĕнчи шыва уçласа кăларма пултараççĕ.



Мускаври трубасем тăвакан завод 1952 çулхи производство планне срокчен тултарнă 1952 çулта, 1951 çулхипе танлаштарсан, 26 процент нумайрах продукци туса кăларнă.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: заводăн трубасем тăвакан цехĕнче Сынăмра—технически контроль пайĕнче ĕçлекен чи лайăх работница Л. А Треусова.

В. КОШЕВОЙ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Йĕлтĕрçĕсен Пĕтĕм Союзри кросĕ

Январĕн 4-мĕшĕнче йĕлтĕрçĕсен Пĕтĕм Союзри кросĕ пуçланать.

Çак кроса çамрăксене йĕлтĕр спортне ытларах хутшăнтарас, ГТО комплексĕн нормисене парас, физкультура коллективĕсенче йĕлтĕрçĕсен секцийĕсен ĕçне лайăхлатас тата йĕлтĕрçĕ-спортсменсен пултарулăхне ÿстерес тĕллевпе ирттереççĕ.

Ăмăртусем январĕн 4-мĕшĕнче пуçланса февралĕн 8-мĕшĕччен пыраççĕ. Ăмăртусем ирттермелли программа тăрăх, арçынсен йĕлтĕрпе 5, 10 тата 18 километр ăмăртса чупмалла, хĕрарăмсен—3, 5 тата 8 километр ăмăртса чупмалла пулать. Уйрăм йĕлтĕрçĕсем тата йĕлтĕрçĕсен командисем иккĕ тухмалли ăмăртусене предприятисенчи, учрежденисенчи, шкулсенчи, колхозсенчи, совхозсенчи тата МТС-сенчи йĕлтĕрçĕсем хутшăнаççĕ.

Мускавра, Ленинградра, Петрозаводскра, Свердловскра, Кировра, Хабаровскра тата ытти чылай хуласенче комсомол, профсоюз тата физкультура организацийĕсем кросс ирттерме лайăх хатĕрленнĕ. Унта ăмăртăва вуншар пин йĕлтĕрçĕ хутшăнать.

Кросс пуçланнă тата вĕçленнĕ кунсенче пур çĕрте те çамрăксен спорт уявĕ пулать. Уява спорт мастерĕсем хутшăнаççĕ. (ТАСС).

# Вырăнти Советсен суйлавĕ умĕн

## Социализмлă ăмăрту вăйланать

СОВЕТСКИ. Турайри Киров ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци суйлавçăсем хушшинче ĕçлеме 35 агитатор уйăрчĕ, вĕсене участоксем çирĕплетсе пачĕ.

Агитаторсем халĕ суйлавçăсем хушшинче Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене, Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генийлĕ произведенийĕ çинчен, Сталинла Конституци тата вырăнти Советсен суйлавĕ çинчен ăнлантарса параççĕ Ф. Николаев, А. Герасимов, Н. Петров, В. Сидорова, А. Федорова юлташсем колхозниксем хушшинче час-часах пулса, вĕсене пулас суйлав çинчен, умра тăракан ĕçсем çинчен каласа параççĕ.

Ялти клуба агитпункт вырнаçнă. Агитпункта лозунгсемпе, плакатсемпе, суйлав кунĕ çинчен пĕлтерекен транспарантсемпе илемлетнĕ. Унта колхозниксем йышлă çÿреççĕ. Вăл колхозниксен юратнă вырăнĕ пулса тăчĕ. Клубра справка сĕтелĕ пур, унта тĕрлĕ ыйтусем çине ответсем параççĕ. Библиотека суйлав литературипе пуянлатса витрина тунă. Агитпункт çирĕп план тăрăх ĕçлет.

Суйлав умĕнхи агитацилле-массăллă ĕç колхозниксен ĕçри активлăхне ÿстерме пулăшать. Колхозра суйлав кунне ĕçри çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илессишĕн социализмла ăмăртса ĕçлесси анлăн сарăлса пырать.

В. МИХАЙЛОВ, Киров ячĕпе тăракан колхозри партбюро секретарĕ.

## Колхозниксен патриотла çĕкленĕвĕ

ЧКАЛОВСКИ. Районта пур çĕрте те суйлав комиссийĕнче ĕçлеме представительсем уйăрмалли пухусем патриотла çĕкленÿпе пулса иртеççĕ. Предприятисемпе колхозсенче, ĕçсынисен обществăллă организацийĕсенче район тата ял Совечĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен суйлав комиссийĕсен составне чи лайăх çынсене уйăраççĕ. Суйлав комиссийĕсен составĕнче ялхуçалăхĕнче малта пыракансем, культурăпа сывлăх тата медицина работникĕсем, интеллигентсем йышлă.

Халĕ кашни ял Советĕнче суйлавçăсен списокне хатĕрлесе çитереççĕ, суйлавçăсене шута илнĕ. Парторганизацисем уйăрнă агитаторсем хăйсене çирĕплетсе панă участоксенче суйлавçăсене Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен ăнлантарса параççĕ, суйлав системи, совет гражданĕсен прависемпе обязанноçĕсем çинчен каласусем ирттереççĕ, докладсем туса параççĕ.

Агитацилле-массăллă ĕçе уйрăмах Çĕнĕ Ахпуртре аван йĕркеленĕ. Кунта вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленес ыйтăва ял Совет исполком ларăвĕнче сÿтсе явнă хыççăнах агитпункт тума клуб суртне уйăрнă. Ăна шал енчен те, тулашĕнчен те тĕрлĕ лозунгсемпе, плакатсемпе илемлетнĕ. Агитпунктра суйлавçăсем валли кĕнекесем çителĕклĕ хатĕрленĕ, час-часах интереслă ыйтусем тăрăх каласусем ирттереççĕ. Комсомолец-агитаторсем «Вырăнти Советсен суйлавĕ» ятлă витрина тăваççĕ.

Вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленсе Киров ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци агитаторсен списокне çĕнĕрен пăхса тухса çирĕплетнĕ, суйлав умĕнхи политикăллă-массăллă ĕçе йĕркелес ыйтупа агитаторсен семинарне ирттернĕ. Халĕ агитаторсем колхозниксене пулас суйлав çинчен ăнлантарса параççĕ Вулав çурчĕн заведующийĕ В. Плечов юлташ суйлав литературипе пуянлатса витрина тунă.

Колхозра агитацилле-массăллă ĕçе анлă туса пыни колхозниксене çĕнĕ ÿсĕмсем тума хавхалантарать. Колхозниксем вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май çĕнĕ обязательствăсем илеççĕ, колхоза вăрман хатĕрлес тĕлĕшпе панă задание 1953 çулхи февралĕн 5-мĕшĕ тĕлне пĕтĕмпех тултарассишĕн тата çуракине кăтартуллăн хатĕрленсе çитессишĕн кĕрешеççĕ.

Т. УРУКОВ.

## 30 агитпункт уçнă

ПАРАЧКАВ. Ĕçсынисен депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлавне хатĕрленнĕ май, районта пуçламăш организацисем пурĕ 30 агитпункт уçрĕç. Район центрĕнче виçĕ агитпункт ĕçлет.

Агитпункт заведующийĕсене пурне те КПСС райкомĕн бюровĕнче çирĕплетнĕ. Нумай пулмасть вĕсен канашлăвĕ пулса иртрĕ, унта вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май агитацилле-массăллă ĕçе мĕнле йĕркелемелли çинчен сÿтсе явнă.

В. ТОНЬШЕВ.

## Суйлав законне вĕренеççĕ

КАЛИНИНО. Сăкăтри вулав çуртне колхозниксем куллен йышлăн пухăнаççĕ. Кунта вĕсем тĕрлĕ кĕнеке, хаçат-журнал вулаççĕ.

Вулав çуртĕнче час-часах каласусем ирттереççĕ. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсем çинчен ирттернĕ каласусем колхозниксен шухăш-кăмăлне çĕклеççĕ, хастарлă ĕçлеме хавхалантараççĕ. Ял Советне кĕрекен Маленков ячĕпе тăракан колхозри колхозниксем вăрманта хастарлăн ĕçлеççĕ.

Вулав çуртĕнче лекторсемпе агитаторсем суйлав положенийĕ тата Чăваш АССР Конституцийĕ çинчен докладсемпе каласусем ирттереççĕ.

Ял Советне суйламалли суйлав комиссине кандидатсем тăратасси пысăк хавхаланупа пулса иртрĕ.

И. ПРОКОПЬЕВ.

## Округсен шучĕ нумайланнă

Вырăнти Советсен 1950 çулхи суйлавĕ пулнăранпа Вăрнар районĕнче чылай улшăнусем пулса иртнĕ. Юлашки икĕ çул хушшинче Вăрнар поселокĕнче çĕнĕ урамсем хутшăннă, Заводской, Владимирски, Пушкин, Лермонтов, Матросов урамĕсем пулса тăнă.

Поселокра пуранакансен йышĕ ÿснĕ. Кунта иртнĕ суйлавра район Советне суйламалли 4 округ пулнă пулсан, халĕ 5 округ тунă.

Районта иртнĕ суйлавра район Советне суйламалли округсем 34 пулнă, халĕ 35 округ.

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## КПСС Шупашкар хула комитечĕн пленумĕ

КПСС Шупашкар хула комитечĕн виççĕмĕш пленумĕ пулса иртрĕ. Социализмлă ăмăртăва тата рабочисемпе служащисен культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçе ертсе пырас тĕлĕшпе хулари профсоюз организацийĕсен умĕнче тăракан задачăсем çинчен хула комитет секретарĕ Н. Никитин юлташ доклад турĕ.

Партин XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсемпе хавхаланса, хулари нумай промышленность предприятийĕсем 1952 çулхи производство планне ирттерсе тултарчĕç. Электроаппаратура завочĕ, лента тĕртекен фабрика, Атăл леш енчи торф предприятийĕ, Сосновкăри хăма завочĕ, макарон фабрики тата ыттисем те, пурĕ 25 предприяти, çулталăкри плана ирттерсе тултарчĕç.

Электроаппаратура заводĕнче пысăк пахалăхлă продукци кăларакан бригада ятне илессишĕн 179 бригада ăмăртать.

Анчах та, тет докладчик, хулари нумай пуçламăш парторганизацисем социализмлă ăмăртăва ертсе пырассине лайăхлатас, çак ĕçре профсоюз организацийĕсен ответлăхне ÿстерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Предприятисенчи профсоюзпа парти организацийĕсем стахановецсемпе производство новаторĕсен опычĕсене начар вĕренеççĕ, начар сараççĕ. Предприятисенче производствăллă канашлусем сайра хутра кăна ирттереççĕ. Ку тĕлĕшпе ĕçсем уйрăмах кирпĕч заводĕнче, тир-сăран заводĕнче, сăра заводĕнче, тарасасем юсакан заводра начар тăраççĕ.

Парти организацийĕсен тивĕçĕ—хуçасăрлăха хирĕç критикăпа самокритикăна пур майсемпе те вăйлатса пырасси пулать.

Халĕ, пирĕн çĕршывра халăх хуçалăхĕ çĕнĕ хăватпа çĕкленсе пынă вăхăтра, çавăнпа пĕрлех халăха куллен кирлĕ таварсен хакне тăтăш йÿнетсе пынă вăхăтра, тенĕ Г. М. Маленков юлташ партин XIX-мĕш съездĕнче, перекетлĕх режимĕ уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Профсоюз организацийĕсен ĕç условийĕсене лайăхлатассишĕн, техникăллă хăрушсăрлăха вăйлатассишĕн, культурăпа йăла тата сывлăх учрежденийĕсен ĕçне лайăхлатассишĕн, çурт-йĕр тумалли плана тултарассишĕн куллен тăрăшмалла. Анчах чылай организацисем çак тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Пир-авăр комбиначĕ, электроаппаратура завочĕ, аш-какай тресчĕ, «Чăвашвăрман» тресчĕ тата ыттисем те çурт-йĕрсем тăвас тĕлĕшпе начар ĕçлеççĕ.

Юлашки вăхăтра, тет Никитин юлташ, хулара культурăллă учреждениcен шучĕ нумай ÿсрĕ. Хальхи вăхăтра Шупашкарта 15 клуб, 138 библиотека, 14 киноустановка, 69 хĕрлĕ кĕтес ĕçлеççĕ. Нумай клубсемпе хĕрлĕ кĕтессем ĕçсыннисем хушшинче пысăк ĕç туса ирттереççĕ. рабочисемпе ĕççыннисене коммунистла воспитани парас тĕлĕшпе парти организацийĕсене пысăк пулăшу параççĕ.

Анчах клубсемпе хĕрлĕ кĕтессем çаплах ĕççыннисен ыйтăвĕсене кирлĕ пек тивĕçтерейменççĕ-ха. Вĕсем малта пыракан ĕç меслечĕсене, наукăпа техника çитĕнĕвĕсене начар пропагандăлаççĕ, политика тата наука ыйтăвĕсем тăрăх лекцисемпе докладсем сахал ирттереççĕ.

Профсоюзсен ĕçĕнче обществăллă контроль пысăк вырăн йышăнса тăмалла. Ку ĕçе профсоюз активне анлăн хутшăнтармалла. Хула комитечĕпе пуçламăш парторганизацисен задачи вăл—профсоюз организацийĕсене обществăллă контроле вăйлатма пулăшасси пулать.

Малалла докладчик рабочисемпе служащисен ачисен культурăллă канăвне малалла лайăхлатма кирли çинчен, физкультурăпа спорт ĕçне вăйлатмалли, профсоюз членĕсен пухăвĕсене вăхăтра ирттермелли, критикăпа самокритикăна вăйлатмалли çинчен калать.

Доклад тăрăх пренире 10 çын тухса каларĕ.

Червяков юлташ (электроаппаратура заводĕнчи завком председателĕ) завод коллективĕ социализмлă ăмăртăва хутшăнса, 1952 çулхи производство планне срокчен тултарни тата планран ирттерсе продукци нумай туса кăларни çинчен калать. Çавăнпа пĕрлех вăл заводра ĕçлекенсем валли çурт-йĕрсем çителĕксĕррине палăртать.

Профсоюзсемпе парти организацийĕсен, тет 17-мĕш дистанци начальникĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ Егоров юлташ, социализмлă обязательствăсене мĕнле пурнăçланине тăтăш тĕрĕслемелле, ăмăрту итогĕсене партипе профсоюз пухăвĕсенче сÿтсе явмалла. Вăл хула комитечĕпе хула Совет исполкомне чугун çул станци коллективне медицина пулăшăвĕпе тивĕçтерес тĕлĕшпе çителĕксĕр пулăшнăшăн критиклет. Станцире киносемсе сайра хутра кăна кăтартаççĕ. Прогулсене хирĕç тата ĕçе кая юлса тухнипе тивĕçлипе кĕрешмеççĕ.

Академи театрĕн директорĕ Элле юлташ профсоюз членĕсем хушшинче культурăллă ĕçсем туса пырас тĕлĕшпе хула комитечĕпе пуçламăш организацисем театрсемпе çителĕксĕр усă курни çинчен калать.

Электромеханически техникумри парторганизаци секретарĕ Леонтьев юлташ тумтир çĕлекен мастерскойсене начар продукци кăларнăшăн критиклет. Вăл çавăн пекех промышленность таварĕсем сутакан магазинсенче ĕçлекенсем паха таварсене, чи малтан, хăйсен тăван-пĕлĕшĕсене сутса пĕтерни çинчен калать 13-мĕш магазинра ĕçлекенсем нумаях пулмасть çĕм пусма таварсене малтанах хатĕрлесе хунă чексем тăрăх сутнă.

Çăкăр пĕçерекен предприятисенче социализмлă ăмăртăва тивĕçлипе организацилемен. Вĕсем лайăх çăнăхранах начар çăкăр пĕçерсе кăлараççĕ.

Чăвашоблпрофсовет секретарĕ Ягодкина юлташ профсоюз организацийĕсен пуçарулăхне вăйлатма кирли çинчен, 1953 çулхи производство планне ăнăçлăн тултарассишĕн социализмлă ăмăрту сарса яма кирли çинчен калать. Вăл хула комитетне унăн пайĕсем профсоюз организацийĕсене производствăллă-массăллă ĕçе организацилес тĕлĕшпе сахал пулăшнăшăн критиклет.

Атăл леш енчи электростанци директорĕ Зубов юлташ театр коллективĕсем Атăл леш енче сахал пулни çинчен калать. Атăл леш енче кинофильмсем кăтартас ĕçе те начар организациленĕ.

Пренире çавăн пекех Захарцев юлташ, Прокофьев юлташ (КПСС хула комитечĕ) тата Никифоров юлташ (Апат-çимĕç промышленноçĕнче ĕçлекен работниксен обкомĕ) тухса каларĕç.

Сÿтсе явнă ыйту тăрăх пленум тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

## Колхозри ĕçсемшĕн парторганизаци ответлăхне ÿстермелле

Калинин ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизацинче отчетпа суйлав пухăвĕ пулса иртрĕ. Пухура отчетлă тапхăрти ĕçсем çинчен партбюро секретарĕ П. Иванов юлташ доклад туса пачĕ.

— Партин XIX-мĕш съезчĕ,—терĕ докладчик,—ялхуçалăх енĕпе малашне те мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстересси, обществăллă выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне чылай ÿстерессн, колхозсен обществăллă хуçалăхне малалла тĕреклетсе тата аталантарса пырасси тĕп задача пулса тăрать, тесе кăтартса пачĕ.

Пĕрлешсе пысăкланнă колхоз çĕрĕсĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе хăшпĕр çитĕнÿсем тунă. Колхозăн акмалли çĕр лаптăкĕ 1.000 гектар ытла шутланать. Унта вунă уйлă пусă çаврăнăшĕ йĕркеленĕ, курăксем акса тăвассине вăйлатнă. Артель хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе сахал мар ĕçсем тунă. Техникăллă культурăсем акмалли, пахча çимĕçпе çĕрулми лартмалли çĕр лаптăкĕсене чылай ÿстернĕ. Сăмахран, 1952 çулта 52 гектар йĕтĕн акнă, унтан вуншар пин тенкĕ тупăш илнĕ. Колхоз утарĕсенче хурт-хăмăр çемйи 400 ытла шутланать. Ку ĕçе И. Платонов коммунист ертсе пырать. Хурт-хăмăр ĕрчетсе колхоз 1952 çулта 64 пин тенкĕ ытла тупăш илнĕ.

Колхоз 1952 çулта, кайăк-кĕшĕксĕр пуçне, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана пур енĕпе те ирттерсе тултарнă. Обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли çĕнĕ çурт-йĕр чылай туса лартнă.

Парторганизаци колхозниксемпе колхозницăсем хушшинчи агитациллĕ-массăллă ĕçе лайăхлатса пырать. Агитаторсем хальхи вăхăтра артель членĕсем хушшинче партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене ăнлантарса пама тăтăшах каласусем ирттереççĕ. Вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май, суйлавçăсене суйлав положенийĕпе паллаштарассине йĕркеленĕ.

Анчах парторганизаци бюровĕн ĕçĕнче ситменлĕхсем те чылай. Партбюро çĕрĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатас, артелĕн обществăллă хуçалăхне малалла тĕреклетсе тата аталантарса пырас тĕлĕшпе колхоз правленийĕн ĕçне тĕрĕслесе тăрас правăпа çителĕксĕр усă курать. Çулталăк хушшинче бюро ларăвĕсем пурĕ те 6 çеç пулнă. Çав ларусенче те артель хуçалăхĕпе çыхăннă ыйтусене сÿтсе явман. Парти пухăвĕсенче КПСС райкомĕ кăтартса панă ыйтусене ытларах сÿтсе явнă. Çулталăк хушшинче ирттернĕ 13 пуху кун йĕркисенч колхоз производстви ыйтăвĕсем тивĕçлĕ вырăн йышăнман.

Парторганизаци колхоз производстви ыйтăвĕсемпе çителĕксĕр интересленнине пула, артель ялхуçалăхĕнчи тĕп задачăна пурнăçлас тĕлĕшпе юлса пырать. Çакăн çинчен пухура тухса каланă коммунистсем пурте чылай чарăнса тăчĕç. Вĕсем партбюропа унăн секретарьне колхозăн обществăллă хуçалăхне малалла тĕреклетсе тата аталантарса пырас ĕçе çителĕксĕр ертсе пынăшăн хытă критиклерĕç.

П. Захаров коммунист тырпул тухăçлăхне ÿстерес ыйту çинче чарăнса тăчĕ. Вăл партбюро ку тĕлĕшпе япăх ĕçленине палăртрĕ. Колхоз тырпул тухăçлăхне ÿстермелли государство планне тултарман. 1952 çулта кашни гектартан ыраш 5-шер центнер, çурхи тулă 11-шер центнер, пăрçа 7-шер центнер, çĕрулми 46-шар центнер çеç пухса кĕртнĕ. Тырпул пухса кĕртес ĕçе калама çук вăраха янине пула, пысăк тăкаксем тунă. Халĕ те авăн çапса пĕтермен-ха.

— Партбюро йышăннă решенисене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслесе тăман. Çавна пула лайăх решенисемех пурнăçланмасăр юлнă. Малта пыракансен опычĕпе колхоз производствинче усă курас тĕлĕшпе партбюро нимĕн те туман,—терĕ В. Алексеев коммунист.

И. Гузнецов коммунист обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри ситменлĕхсене пĕтерессишĕн партбюро сахал тăрăшни çинчен каларĕ. Выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсем час-часах улшăнса тăрасси пĕтмен-ха. Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ пысăк мар. 1952 çулта кашни ĕнерен 776-шар литр сĕт, кашни сурăхран 1.490-шар грамм çăм çеç илнĕ. Выльăх-чĕрлĕх фермисен заведующийĕсем пулса ĕçлекен Д. Уткинпа Д. Захаров коммунистсем хăйсен ĕçĕнче ответлăх сахал туяççĕ.

— Тырпул тухăçлăхне ÿстерес тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатас тесен, колхозниксен пĕлÿлĕхне куллен ÿстерсе пыни кирлĕ. Анчах пирĕн колхозра кăçалхи вĕренÿ çулĕнче ку таранччен те агротехникăна тата зоотехникăна вĕренмелли вицĕ çуллăх курссен занятийĕсене ирттерме пуçламан. Партбюро çакăнпа килĕшсе ларнă,—терĕ В. Николаев коммунист.

Партбюро колхозниксемпе колхозницăсен анлă массисемпе çителĕксĕр çыхăнни çинчен В. Данилов, Н. Кузьмин, Д. Захаров коммунистсем каларĕç. 1952 çулта усă пухусем сахал ирттернĕ, парти ретне çĕнĕрен пĕр çынна та илмен.

А. Смолин коммунист парторганизаци ĕçне лайăхлатма КПСС райкомĕ сахал пулăшнине палăртрĕ. Çулталăк хушшинчĕ кунта парти райкомĕн работникĕсем 3—4 хутчен çеç пулнă. Вĕсем те тивĕçлĕ пулăшу паман. Районти ертсе пыракан работниксем колхозниксем валли лекцисемпе докладсем вуласа памаççĕ Колхозра ялхуçалăх специалисчĕсем сайра хутра çеç пулаççĕ.

Пуху палăртнă ситменлĕхсене пĕтерес, партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçа кĕртсе пырас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мероприятисем ирттерме палăртса решени йышăнчĕ, партбюрон çĕнĕ составне суйларĕ.

П. ТИХОНОВ.

Вăрнар районĕ.

## Вулакансен конференцийĕ

Шупашкарти М. Горький ячĕпе тăракан библиотекăра Я Ухсайăн «Çул» романĕ тăрăх вулакансен конференцийĕ пулса иртрĕ. Конференцие пединститут преподавателĕ Н. Любимов юлташ ертсе пычĕ.

Романри геройсен сăнарĕсемпе вĕсен ĕçĕсем çинчен Исаев, Михайлов, Мясников вулакансем тухса каларĕç.

Юлашкинчен Н. Любимов юлташ вулакансем тухса каланине пĕтĕçтерсе каларĕ. «Çул» роман колхозлă ял хресченĕсен пурнăçне, пурнăç çĕнелсе улшăнса пынине тĕрĕс кăтартса панине палăртрĕ.

Н. ИЛЬИН.

## Совет Союзĕпе Китай пĕлтерни

### Совет Правительстви Китайри Чанчунь чугун çулне Китай Халăх Республикин Правительствине пани çинчен

Совет Союзĕпе Китай Китайри Чанчунь чугун çулĕ çинчен 1950 çулхи февралĕн 14-мĕшĕнче тунă килĕшÿ тăрăх, çавăн пекех Китайри Чанчунь чугун çулне Китай Халăх Республикин Правительствине парасси çинчен Совет Союзĕпе Китай 1952 çулхи сентябрĕн 15-мĕшĕнче пĕлтернĕ тăрăх, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕ Китайри Чанчунь чугун çулне пĕрле тытса тăмалли хăйĕн мĕнпур прависене тата çав çулăн пĕтĕм пурлăхне Китай Халăх Республикин Правительствине пĕр тÿлевсĕрех панă, Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви вара Совет Правительствин Китайри Чанчунь чугун çулне пĕрле тытса тăмалли мĕнпур прависене тата çав чугун çулăн пĕтĕм пурлăхне тÿлевсĕрех йышăннă.

Китайри Чанчунь чугун çулне Китай Халăх Республикин Правительствине парассине Юлашки Протокол тăрăх йĕркеленĕ. Вăл Протокол çине Совет Союзĕпе Китайăн Пĕрлешÿллĕ Комиссийĕ 1952 çулхи декабрĕн 31-мĕшĕнче Харбин хулинче алă пуснă.

Китайри Чанчунь чугун çулне Китай Халăх Республикин Правительствине парас тĕлĕшпе Совет Союзĕпе Китай пĕр тан правуллă йĕрке тăрăх тунă Пĕрлехи Комиссийĕн ĕçне пĕр-пĕрин интересĕсене ăнланса, туслăн туса ирттернĕ.

Совет Правительстви Китай Халăх Республикин Правительствине Китайри Чанчунь чугун çулĕн тÿлевсĕрех панă пурлăхĕ шутне çаксем кĕреççĕ: Манчжури станцийĕнчен пуçласа Суйфынхэ (Пограничнăй) станци таран, Харбинтан пуçласа Дальнийпе Порт-Артур таран тăсăлакан чугун çул магистралĕсем. Чугун çул магистралĕпе пĕрле çул тăрăхĕнчи çĕре, чугун çул сооруженийĕсемпе устройствисене, куçса çÿрекен состава—пăравуссене, грузсем тиемелли тата çынсем лартса çÿремелли вагонсене, дизель-поездсене, пăравуссемпе вагонсем юсакан заводсене, электростанцисене, телефон тата телеграф станцийĕсене, çыхăну хатĕрĕсемпе линийĕсене, чугун çул юписене, служебнăй-технически тата граждан çуртсене, хуçалăх организацийĕсене, пулăшуллă предприятисене, çак çулшăн ĕçлекен тата ытти предприятисен учрежденисене, çавăн пекех Совет Союзĕпе Китай Чанчунь чугун çулне пĕрле тытса тăнă вăхăт хушшинче туяннă, юсанă тата çĕнĕрен туса лартнă пурлăха панă.

Китайри Чанчунь чугун çулĕн Совет Союзĕпе Китай хушшинчи обществи. пĕр тан правуллă тата икĕ Енĕн суверенитетлă прависене хисеплемелли принципсем тăрăх тунă общество, Япони милитарисчĕсем тата гоминдановецсем аркатнă чугун çул хуçалăхне юсас тата малалла аталантарас çĕрте экономикăллă пысăк çитĕнÿсем туса малалла кайнă.

Совет Союзĕн тата Китай железнодорожникĕсем пĕр-пĕринпе туслăн çыхăнса ĕçленĕ. Вĕсен ĕçĕ Совет Союзĕпе Китай хушшинчи туслăха, пĕр тан правуллă тата пĕрне-пĕри хисеплемелли никĕс çинче тунă туслăха, малалла тĕреклетсе пырас çĕрте пысăк ĕç туни пулнă.

Чугун çула Совет Правительстви Китай Халăх Республикин Правительстви аллине пани Китай правительстви вăл чугун çула йышăнни çинчен тунă Юлашки Протокол çине алă пуснă чухне çаксем пулнă:

Совет Союзĕ енчен—Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Китай Халăх Республикинчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ А. С. Панюшкин.

Китай енчен—Государство Администраци Совечĕн Премьерĕ тата Центральнăй Халăх Правительствин Ют çĕршыв ĕçĕсен Министрĕ Чжоу Энь-лай, Чугун çулсен Министрĕ Тэн Дай-юань, Ют çĕршыв ĕçĕсен Министрĕн заместителĕ У Сю-цюань, Çурçĕр-Хĕвелтухăç Халăх Правительствин председателĕн заместителĕ Гао Чун-минь.

* * *

Декабрĕн 31-мĕшĕнче Харбинра СССР Правительстви Китайри Чанчунь чугун çулне пĕрле тытса тăмалли хăйĕн мĕнпур прависене тата чугун çулăн пĕтĕм пурлăхне Китай Халăх Республикин Правительствине тÿлевсĕрех пани çинчен тунă Юлашки Протокол çине алă пуснă.

Протокол çине алă пуснă вăхăтра Совет Союзĕн Китай Халăх Республикинчи Посолĕ А. С. Панюшкин тата Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствин Государство Администраци Совечĕн Премьерĕ Чжоу Энь-лай пĕр-пĕрне саламласа сăмах каланă.

## Пуçаруллă комсомолецсем

ПАРАЧКАВ. «Борьба за социализм» колхозри комсомолецсем партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене пурнăçлас тĕлĕшпе комсомол организацийĕ умĕнче тăракан задачăсем çинчен уçă пухура сÿтсе яврĕç. Ку ыйтупа КПСС райкомĕн ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ Т. Жуленкова юлташ доклад туса пачĕ. Пухура комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксем 70 çын пулчĕç.

Комсомолецсем колхоз умĕнче тăракан хуçалăхла-политикăллă задачисене пурнăçлас ĕçе активлă хутшăнма пулчĕç. Пуху вăрман хатĕрлев планне тултарас тата çуракине хатĕрленсе çитес тĕлĕшпе ĕçлеме комсомолецсемпе çамрăксен бригадисем организацилеме йышăнчĕ.

Вăрман хатĕрлевне каякан бригада членĕсем колхоза панă плана 1953 çулхи январĕн 10-мĕшĕ тĕлне тултарма пулчĕç. Вĕсем вăрмана тепĕр кунне тухса кайса, хастарлă ĕçе тытăнчĕç.

Çуракине хатĕрленес тĕлĕшпе ĕçлеме уйăрнă бригада вăрлăх фондне февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне сортласа пĕтерме, хĕл касиччен хире 900 тонна тислĕк кăларма, 150 гектар çине юр тытса хăварма пулчĕ. Ку бригада та хăй çине илнĕ обязательствăсене пурнăçлама тытăнчĕ.

Пуху районти мĕнпур çамрăксене чĕнсе калани йышăнчĕ, вĕсене колхозсем умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе активлă ĕçлеме чĕнчĕ.

В. ТОНЫШЕВ.

## Вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тултарар

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ вăрман промышленноçĕ халăх хуçалăх ыйтăвĕсем ÿссе пынинчен кая юлнине пĕтерес задача кăларса тăратрĕ. Çак задачăна пурнăçласси вăрманпромхозсем хăватлă техникăпа лайăх усă курнинчен нумай килет. Çапах та халлĕхе вăрман промышленноçĕ государство заданийĕсене калути рабочисем ĕçленипе çеç пурнăçласа пыраймасть. Çавăнпа правительство йышăннă тăрăх кĕркуннепе хĕллехи вăхăтра йывăç хатĕрлеме колхозниксене те хутшăнтараççĕ.

Пирĕн районти колхозниксемпе колхозницăсем ССР Союзне аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарма йывăç материалсем мĕн тери кирлине лайăх пĕлеççĕ. Атăл, Днепр, Аму-Дарья, Кама çинче пысăк гидроэлектростанцисем тума, çутçанталăка çĕнетсе улăштарма йывăç çĕршыва çĕр кăмрăкĕ, металл, çăкăр пекех кирлĕ. Çавăнпа та ĕнтĕ районти колхозниксемпе колхозницăсем хамăр Тăван çĕршыв умĕнчи тивĕçе чыслă пурнăçлассишĕн ырми-канми кĕрешеççĕ.

Вăрман хатĕрлевне районти колхозсем пурте вăхăтра тата йĕркеллĕ тытăнчĕç. Сезон пуçланас умĕн колхозсемпе ял Совечĕсен председателĕсен тата пуçламăш парторганизаци секретарĕсен канашлăвне ирттертĕмĕр. Унта иртнĕ сезонти ĕç итогĕсене тĕплĕ тишкерсе тухрăмăр, умра тăракан задачăна мĕнле майсемпе пурнăçласси çинчен пур енчен те сÿтсе яврăмăр. Канашлу йывăç касса хатĕрлемелли задание 1952 çулхи декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне, каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли тата турттарса кăлармалли плана çирĕплетнĕ срокран вицĕ уйăх маларах тултарма, халăх хуçалăхне заданирен ирттерсе 20 процентран кая мар йывăç хатĕрлесе пама пулса социализмлă обязательство йышăнчĕ.

Государство заданине пурнăçласси çинчен коммунистсен тата колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсенче сÿтсе явнă. Çав пухусенче вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тултарма пулăшакан решенисем тата социализмлă обязательствăсем йышăннă.

Районти коммунистсене тата мĕнпур ĕççыннисене мобилизацилемелли мерăсем йышăнас тесе вăрман хатĕрлевĕ çинчен райком пленумĕнче те сÿтсе яврăмăр. Пропагандистсемпе агитаторсем вăрман хатĕрлевĕн халăх хуçалăхĕнчи пĕлтерĕшĕ çинчен лекцисем, докладсем, каласусем час-часах ирттереççĕ. Колхоз правленийĕсемпе пуçламăш парторганизацисем вăрман хатĕрлекен бригадăсене ертсе пыма пуçаруллă коммунистсемпе партире тăман активистсене уйăрчĕç. Кашни бригадăра агитаторсем пур. Вĕсем колхозниксене Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем, съездра И. В. Сталин юлташ тухса каланă сăмах çинчен ăнлантарса параççĕ, юлашки хыпарсемпе паллаштараççĕ, социализмлă ăмăртăва вăйлатса пыма тăрăшаççĕ, ĕçри ситменлĕхсемпе чăрмавсене сийĕнчех пĕтерме, дисциплинăна çирĕплетме пулăшаççĕ.

Колхозниксем хушшинче партиллĕ-политикăллă тата массăллă-агитациллĕ ĕçе йĕркелесе ертсе пыма КПСС райкомĕ Йĕпреç вăрманпромхозне ответлă работниксене тăтăшах уйăрса ярать. Культурăллă-массăллă ĕç туса пыма вăрмана культбригада кайса килчĕ. Çак бригадăна райсовет исполкомĕн культурăпа çутĕç пайĕн заведующийĕ М. Григорьев юлташ ертсе пычĕ. Вулав çурчĕсен заведующийĕсем 12 çын вăрман хатĕрлекенсем хушшинче ĕçлеççĕ. Вĕсем стена хаçачĕсем, боевой листоксем кăларма, ăмăрту мĕнле пыни çинчен кăтарту хăмисем çине куллен çырса пыма, малта пыракансен опытне сарма пулăшаççĕ.

Районти «Ленин çулĕпе» хаçат вăрман хатĕрлевĕ мĕнле пыни, колхозсем хушшинчи ăмăртура кам мĕнле вырăн йышăнни çинчен кашни номертах материалсем пичетлесе кăларать. Хаçатра вăрман хатĕрлевĕнче малта пыракансен, партипе комсомол активисчĕсен материалĕсем час-часах пичетленсе тухаççĕ. Редакци работникĕсем вăрманта ĕçлекенсем хушшинче пулаççĕ. Октябрь уйăхĕ вĕçленес умĕн вăрманта 700 ытла колхозник ĕçлерĕ. Çавăн чухне редакци вăрман хатĕрлевĕ çинчен ятарласа хаçат кăларчĕ. Çак хаçата сийĕнчех делянкăсене çитерне. Колхозниксем хаçата пысăк кăмăлпа кĕтсе илчĕç. Вăрман хатĕрлекен колхозниксем хаçата юратаççĕ, унăн паха сĕнĕвĕсемпе кăтартăвĕсене пурнăçлама тăрăшаççĕ. Вăрманта ĕçлекенсем патне районти хаçата 300—350-шар экземпляр ярса тăратпăр.

КПСС райкомĕ колхозсемпе пуçламăш парторганизацисем вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тултарма пулса йышăннă социализмлă обязательствăсене мĕнле пурнăçласа пынине куллен тĕрĕслет. Бюро членĕсем, районти партипе совет активĕ час-часах пуçламăш парторганизацисенче пулаççĕ, вĕсене партиллĕ-политикăллă тата партиллĕ-организациллĕ ĕçе вăйлатма, малта пыракансен опычĕпе усă курма пысăк пулăшу параççĕ.

Опыт çакна уççăн кăтартса парать: государство заданийĕсене чыслă пурнăçласа пырасси партиллĕ-политикăллă ĕçе лайăх йĕркелесе вăйлатнинчен, пуçламăш парторганизацисен рольне ÿстерсе пынинчен, колхозниксене хамăр Тăван çĕршыв умĕнчи тивĕçе вăхăтра, тулли кăмăлпа пурнăçласа пыма воспитани панинчен килет.

Каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли тата турттарса кăлармалли плана кашни колхоз тăрăх тултармалла тăвас тесе КПСС райкомĕн бюровĕ 1952 çулхи декабрĕн 15-мĕшĕпе 25-мĕшĕ хушшинче вунăкунлăх ирттерме йышăнчĕ. Çак решение районти коммунистсем тата партире тăман ĕççыннисем пысăк кăмăлпа ырларĕç. Вунăкунлăх иртересси çинчен коммунистсен, комсомолецсен тата колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсенче, ял Совет исполкомĕсемпе колхоз правленийĕсен ларăвĕсенче активлă сÿтсе яврĕç. Унта ĕçе хăвăртлатмалли паха решенисем тата çĕнĕ обязательствăсем йышăнчĕç. Чылай колхозсем йывăç турттарма лавсем хушса ячĕç. Комсомольски районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тултарма пулса республикăри колхозниксене социализмлă ăмăрту сарма чĕнсе калани çине ответлесе, районти колхозсем вăрмана 400 ытла лав уйăрса ячĕç. Вунăкунлăх вăхăтĕнче вăрманта коммунистсемпе комсомолецсем нумайăн пулчĕç.

Асăннă организациллĕ ĕçсене туса ирттерни района йывăç касса хатĕрлемелли сезонти плана Сталинла Конституци кунĕ—1952 çулхи декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне тултарма, çĕнĕ çул тĕлне планран ирттерсе 3.700 фестметр касса хатĕрлеме май туса пачĕ. Декабрĕн 30-мĕшĕ тĕлне район касса хатĕрленĕ йывăçа çул хĕррине илсе тухмалли плана тултарчĕ.

Государство заданине пурнăçлас ĕçре уйрăмах Мичурин ячĕпе, «Победа», Ильич ячĕпе тăракан, «Знамя революции» колхозсен членĕсем паха тĕслĕхсем кăтартрĕç. Вĕсем йывăç касса хатĕрлемелли плана ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултарчĕç. «Красный флот» колхоз председателĕ, Чăваш АССР Верховнăй Совет депутачĕ П. Григорьев юлташ тата парторганизаци секретарĕ И. Гаврилов юлташ государство заданийĕсене пурнăçлассине яланах пысăка хурса хаклаççĕ. Вăрман хатĕрлемелли плана илсен, колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизаци плана мĕнле тултарасси çинчен активпа тата колхозниксемпе тĕплĕн сÿтсе явнă, конкретлă решенисем йышăннă. Колхоз правленийĕ йывăç касса хатĕрлеме пĕр бригада, лавсемпе тата автомашинăпа турттарма—тепĕр бригада тунă. Колхозниксен ĕçне тĕрĕс йĕркелеме пулăшма тата тухăçлă ĕçлеме хавхалантарса пыма вăрмана колхоз председателĕ П. Григорьев юлташпа пуçламăш парторганизаци секретарĕ И. Гаврилов юлташ кайнă.

Колхозри пуçламăш парторганизацире 10 коммунист тăрать. Вĕсенчен çиччĕшĕ вăрман хатĕрлевне хутшăннă. Коммунистсем Федоровпа Иванов юлташсем куллен 3—4-шар фестметр йывăç турттарса кăларса, ытти лавçăсене хавхалантарса пынă. Ефимовпа Гаврилов комсомолецсем автомашина çине йывăç тиесе пушатнă çĕрте тухăçлă ĕçленĕ. Колхоз шоферĕ Володин юлташ автомашинăпа 260 фестметр йывăç турттарса кăларнă.

Комсомольски районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсен чĕнĕвне сÿтсе явнă хыççăн, «Красный флот» колхоз членĕсем плана 1952 çулхи декабрĕн 21-мĕшĕ тĕлне тултарма сăмах панă. Вĕсем хăйсен сăмахне чыслă пурнăçларĕç, декабрĕн 21-мĕшĕ тĕлне йывăç касса хатĕрлемелли тата турттарса кăлармалли плана тултарчĕç.

Иртнĕ çулсенче «Красное знамя» колхоз вăрман хатĕрлемелли плана тултарман. Кĕркунне колхозри пуçламăш парторганизаци колхозниксене йывăç коммунизмăн аслă стройкисене мĕн тери кирли çинчен ăнлантарса панă, вăрмана коммунистсене уйăрса яма йышăннă. Колхоз правленийĕ йывăç касса хатĕрлеме тата турттарма ятарласа бригадăсем тунă. Лавçăсен бригадине колхоз председателĕ К. Михайлов юлташ ертсе пынă. Г. Степанов коммунист куллен 3—4-шар фестметр йывăç турттарса кăларнă. Унăн примерĕпе Е. Алексеев, П. Сергеев, Я. Матвеев лавçăсем те ĕç нормине тăтăшах ирттерсе тултарса пынă. Колхозниксем тăрăшса ĕçленипе «Красное знамя» колхоз йывăç касса хатĕрлемелли тата турттарса кăлармалли задание срокчен пурнăçларĕ.

Вăрман касса хатĕрлемелли тата турттарса кăлармалли плана Мичурин ячĕпе, Ильич ячĕпе, Каганович ячĕпе, Молотов ячĕпе тăракан, «Победа» колхозсем те ăнăçлă тултарчĕç. Çавăн пек паха тĕслĕхсем района сахал мар. Вунăкунлăх вăхăтĕнче район каснă йывăçа çул хĕррине илсе тухас тата турттарса кăларас ĕçе икĕ хут ÿстерчĕ.

Вăрман хатĕрлевне комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксем активлă хутшăнчĕç: Уйрăмах «Красный флот», «Победа», «Красное знамя», Мичурин ячĕпе, Ильич ячĕпе тăракан колхозсенчи комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксем хастарлă ĕçленине палăртас пулать. Чылай комсомолецсем бригадирсем, агитаторсем пулса ĕçлеççĕ, стена хаçачĕсемпе боевой листоксем кăларма пулăшаççĕ.

Районти ĕççыннисем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисене, съездра аслă çулпуçăмăр тата учителĕмĕр И. В. Сталин юлташ тухса каланă сăмаха чун-чĕререн ырласа кĕтсе илчĕç. Съезд решенийĕсем çине ответлесе, вĕсем Тăван çĕршыв экономикине малалла аталантарассишĕн, сталинла пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн вăя шеллемесĕр кĕрешеççĕ.

Районти колхозниксемпе колхозницăсем вăрман хатĕрлевĕ тĕлĕшпе тунă çитĕнÿсемпе лăпланса лармаççĕ. Вĕсем планран ирттерсе 1.000 кубометртан кая мар йывăç çул хĕррине илсе тухма, 500 кубометртан кая мар турттарса кăларма пулса социализмлă обязательствăсем йышăнчĕç. Халĕ вĕсем панă сăмаха чыслăн пурнăçлассишĕн ăмăртса ĕçлеççĕ. КПСС райкомĕ плана кашни колхоз тăрăх тултарма тивĕçлĕ мерăсем йышăнчĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕксуллăхăн виççĕмĕш çулĕнче район умĕнче хуçалăхпа политика тĕлĕшĕнчен пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ. Çав задачăсене чыслă пурнăçласси ĕççыннисем хушшинче партиллĕ-политикăллă тата партиллĕ-организациллĕ ĕçе сÿлĕ пусăма хăпартнинчен, социализмлă ăмăртăва çĕнĕ хăватпа вăйлатса пынинчен килет. Районти парторганизаци, ĕççыннисен политикăллă активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне пĕрмаях ÿстерсе пырĕ, критикăпа самокритикăна вăйлатĕ, Тăван çĕршыв заданийĕсене вăхăтра, пысăк пахалăхпа пурнăçласа пырĕ.

М. ЗАЙЦЕВ,

КПСС Шупашкар райкомĕн секретарĕ.

## ВĂРЛĂХ ХАТĔРЛЕМЕЛЛИ ПЛАНА ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

1952 çулхи декабрĕн 31-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| Районсем | Пĕрчĕллĕ тата пăрça йышши тырăсем (викăсăр пуçне) | Пĕрчĕллĕ тата пăрça йышши сортлă тырăсем | Лартмалли çĕрулми | Нумай çул ӳсекен курăксен вăрлăхĕ |
|---|---|---|---|---|
| Шăмăршă | 104,8 | 62,3 | 44,6 | 16,8 |
| Улатăр | 102,6 | 102,6 | 74,3 | 90,4 |
| Елчĕк | 102,0 | 102,0 | 71,1 | 97,4 |
| Первомайски | 100,3 | 88,7 | 81,2 | 63,7 |
| Ишлей | 100,1 | 67,5 | 98,7 | 38,7 |
| Калинино | 100,0 | 96,8 | 100,2 | 62,4 |
| Сĕнтĕр | 99,7 | 86,0 | 101,5 | 78,6 |
| Йĕпреç | 99,6 | 93,8 | 77,1 | 63,7 |
| Канаш | 99,1 | 79,3 | 89,8 | 45,1 |
| Октябрьски | 98,7 | 69,1 | 91,5 | 37,5 |
| Вăрнар | 97,8 | 90,7 | 98,7 | 72,6 |
| Шăхасан | 97,7 | 65,5 | 96,2 | 89,7 |
| Çурачăк | 95,1 | 82,4 | 97,8 | 40,1 |
| Комсомольски | 95,0 | 86,6 | 80,3 | 81,4 |
| Тăвай | 94,5 | 83,6 | 94,4 | 89,5 |
| Сĕмĕрле | 94,1 | 80,2 | 75,1 | 27,2 |
| Сĕнтĕрвăрри | 93,5 | 73,3 | 84,7 | 16,1 |
| Шупашкар | 92,6 | 68,4 | 96,2 | 38,2 |
| Муркаш | 91,5 | 74,1 | 99,4 | 25,8 |
| Куславкка | 91,3 | 77,3 | 92,2 | 24,2 |
| Кувакино | 91,0 | 85,7 | 69,0 | 28,1 |
| Вăрмар | 91,0 | 79,5 | 81,3 | 74,3 |
| Красноармейски | 90,4 | 83,9 | 97,8 | 49,6 |
| Чкаловски | 89,4 | 76,7 | 80,8 | 50,3 |
| Элĕк | 88,0 | 77,4 | 96,4 | 80,2 |
| Етĕрне | 86,0 | 76,2 | 89,9 | 42,4 |
| Пăрачкав | 83,7 | 81,4 | 82,3 | 45,6 |
| Советски | 81,0 | 67,1 | 97,5 | 40,4 |
| Хĕрлĕ Чутай | 77,8 | 61,5 | 100,0 | 24,4 |
| Çĕрпӳ | 68,3 | 56,1 | 96,8 | 50,1 |

## РЕСПУБЛИКĂРИ МТС-сем ТРАКТОРСЕМ ЮСАМАЛЛИ 1952 ÇУЛХИ IV-мĕш КВАРТАЛТИ ПЛАНА ТУЛТАРНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

1952 çулхи декабрĕн 31-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| МТС-сем | Тракторсене юсанă |
|---|---|
| Йĕпреç | 135,0 |
| Шăхасан | 125,0 |
| Чкаловски | 122,2 |
| Комсомольски | 121,7 |
| Сĕнтĕр | 121,0 |
| Вăрнар | 108,3 |
| Пăрачкав | 106,7 |
| Сĕмĕрле | 105,5 |
| Элĕк | 105,3 |
| Елчĕк | 105,0 |
| Улатăр | 100,0 |
| Кувакино | 100,0 |
| Муркаш | 100,0 |
| Çĕрпӳ | 100,0 |
| Шупашкар | 100,0 |
| Çурачăк | 100,0 |
| Шăмăршă | 95,6 |
| Тăвай | 84,6 |
| Канаш | 84,2 |
| Калинино | 77,8 |
| Куславкка | 75,0 |
| Октябрьски | 75,0 |
| Ишлей | 68,4 |
| Первомайски | 68,2 |
| Советски | 66,7 |
| Сиява | 64,8 |
| Вăрмар | 62,5 |
| Етĕрне | 54,5 |
| Сĕнтĕрвăрри | 43,7 |
| Красноармейски | 40,9 |
| Хĕрле Чутай | 38,1 |
| Сурмайдан | 35,0 |

## Пысăк тухăçлă махорка

КАЛИНИНО. Жданов ячĕпе тăракан колхозри А. Трофимов юлташ ертсе пыракан бригада кăçал кашни гектар çинчен 18-шар центнер махорка пухса кĕртрĕ. Государствăна 168 центнер махорка панă. Çакăншăн государство колхоза укçа, сахăр тата тулă парать.

Махорка акса тăвакан бригадăри колхозниксемпе колхозницăсем кăçал та та пысăкрах тухăçлă махорка çитĕнтерме хатĕрленеççĕ.

**К. ПЕТРОВ.**

# Вăрлăх хатĕрлени куранмасть

Тырпул тухăçлăхне ӳстересси çĕр ĕçĕнчи тĕп задача. Çак задачăна ăнăçлă татса парас тесен, кашни колхозăн çителĕклĕ таран паха вăрлăх хатĕрлемелле.

Вăрмар районĕнчи хăшпĕр колхозсем çитес çуракинче акма çителĕклĕ таран вăрлăх хатĕрлесе хунă. «Дружба», Ленин ячĕпе тăракан, «Маяк» колхозсем вăрлăха лайăх пăхса усраççĕ. Çав вăхатрах районта вăрлăх фончĕ туса çитермен колхозсем те нумай. Мĕншĕн-ха вăрлăх хатĕрлес тĕлĕшпе пур колхозсем те пĕр пек ĕçлемеççĕ?

Паллă ĕнтĕ, кашни колхозăн вăрлăх туса илмелли участоксем пулмалла. Унтан пухса илекен тырпула уйрăм пуçтарса хумалла. Районти чылай колхозсенче вăрлăх участокĕсем çук. Пур пулсан та, лайăх пăхса ӳстермен пирки, унти тырă ытти вырăнтинчен нихăш енĕпе те уйрăлса тăмасть. Çавна пула вăрлăх фондне хуçалăх валли акнă тырра уйăраççĕ. Урăхла каласан, мĕнпур тырпула çапса пĕтерсен тин вăрлăх фончĕ тума пуçлаççĕ.

Чăнласа тунă вăрлăх участокĕсем пулнă пулсан, кашни колхоз унтан пуçтарнă тырпула тахçанах çапса пĕтерсе çителĕклĕ таран вăрлăх хывма пултарнă.

Вăрлăх участокĕсем туса унти тырпула лайăх пăхса ӳстермен пиркиех колхозсем хăйсен хирне акакан сортлă вăрлăхсен паха енĕсене пĕтереççĕ. Чылай колхозсен вăрлăхсем ытти культурăсемпе хутшăнса кайнă, акма юрăхлă мар.

Хуçалăх участокĕнчи тыраран уйăрнă вăрлăха та акма юрăхлă тума васкамаççĕ-ха. Хăшпĕр колхозсем вăрлăха сӳпçапран та тасатман. Сăмахран, «Труд», «Динамо», «Слава» колхозсем вăрлăхлăх текен тырра итемрен арпи-мĕнĕпех кĕлете кĕртсе хунă, халĕ те сăвăрса тасатма пуçламан. Кĕлетсене юр кĕрет.

Кăçал тырпул чĕрĕ кĕчĕ. Кун пек чухне ăна лайăх асăрхаса тăмалла, май килнĕ таран хăвăртрах типĕтмелле. Чылай колхозсен вăрлăхлăх тырра типĕтме типовăй сушилкăсем пур. Вăрлăх чĕрĕ колхозсем ăна типĕтесси çинчен сушилка тытакан артельсемпе калаçса татăлма пултараççĕ. Нӳрлĕ вăрлăха сыхласа хăвармалли ытти майсем те пур. Вăхăтра асăрхаман тата типĕтмен пирки хăшпĕр колхозсенче вăрлăх пăсăлма пуçланă. «Красная Кубня» колхозăн 200 центнер сĕлĕ, урпапа хуратул тата пăрçа вăрлăхĕ юрăхсăра тухнă. Сталин ячĕпе тăракан колхозăн та 200 центнер пăрçа кăвакарса шăтми пулнă. «Пионер» колхозра вика вăрлăхĕ кăвакарнă, вир хĕрсе кайнă.

Вăрлăх хатĕрлес ĕçре колхозсене МТС пысăк пулăшу пама тивĕçлĕ. Сăмахран, Сталин ячĕпе тăракан, «Слава» колхозсем çапнă тырă çук пирки вăрлăх фончĕ тăваймаççĕ. МТС вăл колхозсенче авăн çапса памалли плана тултарман. «Пионер» колхозра вара авăн çапма пачах тытăнман. МТС ытти колхозсене договорпа палăртнинчен ытларах авăн çапса панă пулсан та, асăннă колхозсене молотилка ярса памасть. «Красная Кубня» колхозра авăн çапмалли обязательствăна МТС тахçанах пурнăçланă. Сталин ячĕпе тăракан колхозра тырпула виçĕ пайĕнчен пĕр пайне кăна çапнă. Апла пулсан та трактор бригадин бригадирĕ Чернов юлташ «Большевик» колхозри молотилкăна Сталин ячĕпе тăракан колхоза ярас вырăнне хăйĕн ирĕкĕпе «Красная Кубня» артеле куçарасшăн.

МТС-ăн тырă сортламалли хăватлă сортировкăсем пур. Вĕсене колхозран колхоза куçарса сӳремелли график-маршрут тунă. Тырă тасатас ĕçе йĕркелеме агрономсем уйăрнă. Анчах та сортировкăсем ку таранччен ăçта пулнă, çавăнтах лараççĕ. «Дружба» колхозри сортировкăна МТС икĕ çул хушши ĕнтĕ нисçта та илсе каймасть.

МТС-ри агрономсем çинчен те пĕр-икĕ сăмах каламалла. Вĕсем колхозсенче пулсан вăрлăха мĕнле пăхса усранине тĕрĕслемеççĕ тата ăна лабораторине ярса тĕрĕслеттермеççĕ.

Кăçал колхозсен пĕр-пĕрин хушшинче 1.600 центнера яхăн сортлă вăрлăх улăштарса илмелле. Кунсăр пуçне государство 800 центнер сортлă вăрлăх парать. Анчах ку тарана çитсе пĕр колхоз та вăрлăх улăштарма тытăнман. Иртнĕ çулсенчи пек çуна çулĕ пĕтсен тин улăштарса илме шутлаççĕ пулас.

Районти нумай колхозсем курăк вăрри çук пирки пусă çаврăнăшне йĕркелесе яраймаççĕ. Ку çитменлĕхе пĕтерме кăçал та нимĕн те тумаççĕ, пур колхозсенче те тенĕ пекех клевер вăрри çитмест. МТС пулăшнă пулсан, чылай колхозсем хăйсене кирлĕ таран клевер вăрри туса илме пултарнă. «Большевик» колхоз вăрлăх участокĕнчи клевера август уйăхĕнчех çулса типĕтнĕ МТС ăна çапма клеверотерка ярса паман. Вăхăтра çапманнине пула клевер вăррин тухăçлăхĕ нумай чакнă.

**П. ЩИПЦОВ.**

## Ял культури ӳсет

Совет влаçĕ пулнăранпа Янкас ялĕ тĕпренех улшăнса çĕнелчĕ. Халĕ кунта вулав çурчĕ, библиотека, çичĕ çул вĕренмелли шкул, клуб, фельдшер пункчĕ, киностационар пур.

Ял библиотекинче — 4 пин кĕнеке. Вулакансем йышĕ пилĕк çĕр çынтан иртет.

Клубра час-часах спектакльсем пулаççĕ, кинокартинăсем кăтартаççĕ.

Ял çыннисем хушшинче пултаруллă çынсем сахал мар ӳсse çитĕнчĕç. Пĕртăван Федотовсенчен пĕри Тутар республикинче Ялхуçалăх министрĕн заместителĕ пулса ĕçлет, тепри — Хусанти ветеринари институтĕнче доцент пулса ĕçлет.

Нумай çамрăксем аслă шкулсенче вĕренеççĕ. Михаил Федотов Горькинчи медицина институтĕнче, Валерьян Ванюхин — Йошкар-Оларти вăрман хуçалăх институтĕнче, Мария Леонидова — Хусанти ветеринари институтĕнче, Варвара Иванова — Шупашкарти педагогика институтĕнче вĕренеççĕ. Техникумсенче вĕренекенсен хисепĕ те сахал мар.

Кашни киле радио калаçать, электричество çутатать.

Яла тĕрлĕрен хаçат-журналсем нумай килсе тăраççĕ.

**А. ИВАНОВ.**

Красноармейски районĕ.

## Çуракине хатĕрленеççĕ

СОВЕТСКИ. Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз агротехникăллă мероприятисене тĕрĕс пурнăçласа пынипе çулсеренех пысăк тухăçлă тырпул ӳстерсе илет. Кăçал колхоз уйрăм участоксенче гектартан 17-шер центнер ыраш, 20-шер центнер çурхи тулă пухса кĕртнĕ.

Колхоз тата пысăкрах тухăçлă тырпул ӳстерме хатĕрленет. Вăрлăх фондне паха сортлă тырăсем уйăрса хунă. Çуракки тумалли уй-хире 2.856 лав тислĕк кăларнă. 252 тонна тĕрлĕрен минераллă удобренисем кӳрсе килнĕ.

Колхозниксем халĕ вырăнти Советсене суйламалли куна çуракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитнипе кĕтсе илесшĕн кĕрешеççĕ.

**М. СТЕПАНОВА.**



«Союзплодотара» Йĕпреçри завочĕ ещĕксем тумалли хăма тата стружка нумай туса хатĕрлет Завод туса кăларакан продукцие çĕршыври улмаçырла хатĕрлекен нумай вырăнсене ярса тăраççĕ.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: заводри чи лайăх бракер А. В. Сачков юлташ ĕçре. Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлеççĕ

Чăвашкоопинсоюз системинчи артельсем хуласемпе поселоксенчи магазинсенче сутма кăçал 11 уйăх хушшинче колхозсенчен 620 центнер аш-какай, 30 центнер выльăх-чĕрлĕх çăвĕ, 95 центнер пыл тата ытти çимĕçсем те сутăн илнĕ. Уйрăмах Улатăрти, Вăрнарти тата Пăрачкаври артельсенче выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлесси йĕркеллĕ пулса пырать.

Ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлени таварçаврăнăш планне ăнăçлă тултарма май парать.

**М. МАЛЬЦЕВ.**

## Чугун çул работникĕсен канăвĕ

УЛАТĂР. 1952 çулта Улатăрти чугун çул транспортĕнчи работниксем пурĕ 136 çын курортсемпе санаторисенче пулнă. Нумайăшне тӳлевсĕр путевкăсем парса пулăшнă. Чугун çул çинчи аслă кондуктор Мокеев, кран машинисчĕн помощникĕ Тихонова, чугун çул техникумĕнчи студентка Дергачева тата ытти юлташсем те тӳлевсĕр путевкăсемпе усă курнă.

Кунсăр пуçне, 220 çын ытла канмалли çуртсенче пулнă.

**Н. КОЛЕСОВ.**

## Шкулти спорт секцийĕсем

Улатăрти 5-мĕш вăтам шкулта физкультурăпа спорт секцийĕсем лайăх ĕçлеççĕ. Секцисен ĕçне физкультура преподавателĕ Листочкин юлташ ертсе пырать. Шкулта спорт залĕ пур. Унта пур классенче вĕренекенсем те занятисене çӳреççĕ.

Шкул çывăхĕнчи площадкăра çамрăксем йĕлтĕрпе çӳреме вĕренеççĕ. Аслă классенче вĕренекенсем «Пионерская правда» хаçат призне илессишĕн ăмăртăва хутшăнма хатĕрленеççĕ.

Йĕлтĕрçĕсен секцийĕнче пĕтĕмпе 150 çын. Çак кунсенче хулара иртнĕ йĕлтĕрçĕсен ăмăртăвĕнче вĕсем пуринчен малта тухрĕç.

Çавăн пекех конькипе чупма вĕренекенсен секцийĕ те лайăх ĕçлет. Шкул сумĕнчи каток çинче куллен тренировка пулать.

Пуçламăш классенче гимнастика секцийĕсем ĕçлеççĕ.

**З. ШАЛАЕВА.**

# Хаçатсен страницисем тăрăх

### Агитациллĕ-массăллă ĕçе вăйлатар

Парторганизацисем И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенине, КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене тата Сталин юлташ съездра каланă сăмаха ĕçсыннисене ăнлантарас, çак документсене пирĕн кадрсем тĕплĕ вĕренмелле тăвас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ. Çакна май ĕçсыннисен политикăллă тата производствăллă активлăхĕ ӳссех пырать.

Çак кунсенче Красноармейски районĕнчи «Коммунизм çулĕпе» хаçатра КПСС райком секретарĕ М. Сперанский юлташ çырнă «Агитациллĕ-массăллă ĕçе лайăхлатар» ятлă статья пичетленсе тухрĕ. Унта çырнă тăрăх, районти «Пятилетка», Жданов ячĕпе тăракан, «Вăйсубино», «Путь Ленина» колхозсенчи пуçламăш парторганизацисем юлашки вăхăтра агитациллĕ-массăллă ĕçе чылай лайăхлатнă. «Пятилетка» колхозра ялти интеллигенци вăйĕпе партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсем тăрăх 11 доклад тата калаçусем нумай ирттернĕ. Çакна май колхозниксен ĕçри хастарлăхĕ те ӳссех пырать. Колхоз районти ытти колхозсенчен малтан авăн çапса пĕтернĕ, çителĕклĕ таран паха вăрлăх хывса хăварнă.

Жданов ячĕпе тăракан колхозра съезд материалĕсене халăха ăнлантарса парас енĕпе ялти çичĕ çул вĕренмелли шкулти В. Васильев, А. Иванов учительсем хастарлă ĕçлеççĕ.

Куппа пĕрлех «Коммунизм çулĕпе» хаçат хăшпĕр пуçламăш парторганизацисем ялти интеллигенцие агитациллĕ-массăллă ĕçе çителĕксĕр хутшăнтарни, бригадăсенче тата выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсене съезд материалĕсене ăнлантарса паманни çинчен çырать, культурăпа çутĕç учрежденийĕсенчи çитменлĕхсене критиклет.

«Агитациллĕ-массăллă ĕçĕн витĕмлĕхĕ, — тесе çырать хаçат, — ăна конкретлă туса пынинчен килет. Çак ĕçе умра тăракан задачăсемпе çыхăнтармалла. Пуçламăш парторганизаци секретарĕсен агитациллĕ-массăллă ĕçе тивĕçлипе ертсе пымалла. Кашни эрнерех агитаторсен семинарне ирттермелле тата вĕсене ĕçре куллен пулăшса пымалла».

Хаçат ялсенчи агитаторсене çĕнĕ пилĕкçуллăхра ялхуçалăхĕ умĕнче тăракан задачăсене колхозниксене ăнлантарса пама, вĕсене çуракине кăтартуллă хатĕрленессишĕн, вăрман хатĕрлемелли плана срокчен тултарассишĕн хавхалантарса пыма чĕнет.

### Малта пыракансен опытне — халăх хушшине

Шăхасан районĕнчи «Вăйлă тырпулшăн» хаçат декабрĕн 25-мĕшĕнче ялхуçалăхĕнче малта пыракансен çыравĕсене чылай пичетлет «Гвардеец» колхозри уй-хир бригадин бригадирĕ В. Афанасьев юлташ агробиологи науки вĕрентнĕ пек ĕçлесе тухăçлă тырпул туса илни, Ленин ячĕпе тăракан колхоз бригадирĕ П. Андреев юлташ гектартан 315 центнер çĕрулми пухса кĕртни, «За коммунизм» колхозри пахча çимĕç бригадин бригадирĕ Г. Михайлов юлташ пысăк тухăçлă пахча çимĕç туса илни çинчен çырнă. Вĕсем пурте хăйсен опычĕ çинчен калаççĕ.

Страницăра çавăн пекех Киров ячĕпе тăракан колхоз бригадирĕ И. Исаев тата районти ялхуçалăх пайĕн агрономĕ З. Казанская юлташсен статьисене пичетленĕ.

«Тырпул тухăçлăхĕ пĕтĕмпех пирĕнтен килет. Мĕнле ĕçлетĕн—тырри те çавăн пек пулать. Кăçал пирĕн бригада членĕсем вăйлă тырпул туса илессишĕн ырми-канми ĕçлерĕç. Бригада 7 гектар çинче кашни гектартан 31-шер центнер урпа, 17 гектар çинче кашни гектартан 22,5-шер центнер тулă, 26 гектар çинче кашни гектартан 17-шер центнер сĕлĕ туса илчĕ,— тесе çырать И. Исаев бригадир.

Киров ячĕпе тăракан колхозри Исаев юлташ ертсе пыракан бригада çитес çул 10 гектар çинче кашни гектартан 35 центнер урпа, 10 гектар çинче кашни гектартан 35 центнер кĕрхи тулă, çавăн чухлĕ çĕр лаптăкĕ çинченех 25-шер центнер çурхи тулă туса илме пулнă. Халĕ вĕсем хĕллехи агротехника ĕçĕсене пурнăçласа пыраççĕ.

### Колхозсенче инвентаризаци ирттересси

Отчетпа суйлав пухăвĕсене хатĕрленнĕ май колхозсенче пĕтĕм пурлăха тĕплĕ учета илсе тухаççĕ—инвентаризаци тăваççĕ. Комсомольски районĕнчи «Октябрь ялавĕ» хаçат çак кунсенче ятарласа «Колхозсенче инвентаризаци тăвассине вăхăтра тата лайăх пахалăхпа ирттерер» ятлă статья пичетлерĕ. Хаçат çапла çырать:

«Инвентаризаци тĕрĕс ирттерни хуçасăрлăхпа, обществăллă пурлăха, укçа-тенке тирпейсĕр тыткалакансемпе кĕрешес ĕçре паллă вырăн йышăнать. Инвентаризаци комиссийĕн колхоз пурлăхне тĕрĕс шута илмелле. Государство умĕнчи парăмсене мĕнле пурнăçланине, ĕçкунĕсене тĕрĕс çырса пынине тĕрĕслемелле, тĕрлĕ организацисенчен укçа-тенкĕ парăмĕсене шыраса илмелле... Инвентаризаци комиссийĕн ĕç итогне уй-хир бригадисенче, фермăсенче, правлени ларăвĕнче, колхозниксен пĕрлешӳллĕ пухăвĕнче сӳтсе явмалла».

Юлашкинчен хаçат инвентаризаци тăвас ĕçе вăхăтра тата çӳлĕ пусăмра ирттерни колхозсенче хуçасăрлăха пĕтерме, колхозсене организаципе хуçалăх енĕпе малалла тĕреклетме пулăшнине палăртать.

*Редакцие килнĕ çыру*

## Вырăнти материалсене хакламаççĕ

Чкаловски районĕнчи хăшпĕр колхозсем выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма начар хатĕрленнĕ. Акă, «Пламя Октября» колхозра сурăхсем валли вите çук, вĕсене колхозниксем патĕнче усраççĕ. Виçĕм çул тума пуçланă витене халĕ те туса пĕтермен. Кунта вырăнти строиматериалсемпе усă курасси çине чунсăррăн пăхаççĕ. Çавна пула туса хатĕрленĕ 10 пин саман кирпĕч сая кайнă.

Çавăн пекех Мичурин ячĕпе тăракан колхозра та вырăнти материалсене хакламаççĕ. 1951 çулта саман кирпĕчсенчен вите туса лартнă. Тăррине витмен пирки вăл çумăрпа йĕпенсе ишĕлсе аннă, ăна юсаман. Кăçал вите тума саман кирпĕч 10 пине яхăн çапнă. Анчах вĕсем юр айне пулчĕç.

**И. МАТРОСОВ.**

# Мĕнле пуранать çĕнĕ тинĕс?

1952 çулхи çуркунне Дон бассейнĕнче çĕнĕ тинĕс — Цимлянски тинĕсĕ пулса тăчĕ. Геологиллĕ улшăну кунти пек хăвăрт пулса иртнине тĕнче ку таранччен те курманччĕ-ха. Çĕр çинче тинĕссем пулса каясси пиншер çула е геологиллĕ ĕмĕр тăршшĕ пынă. Хальхинче вара çĕр çинчĕн сăн-сăпачĕ пирĕн куç умĕнчех улшăнчĕ — виççĕр пин тăваткал километра яхăн сарăлса выртакан çĕнĕ тинĕс çуралчĕ. Унти шыв запасĕ 24 миллиард кубометр шутланать.

Цимлянски тинĕсĕ пекки халлĕхе çĕр чăмăрĕ çинче урăх çук-ха. Ăна ытти мĕнпур тинĕссенчен чи «аçли», теме пулать. Мĕншĕн тесен, этем ăна хăй палăртнă çирĕп план тăрăх, хăйĕн ăс-тăнĕпе, хăйне кирлĕ пек усă курма тунă. Цимлянски тинĕсне ывăнма пĕлми «ĕçчен» теме те пулать. Ун тăрăх пăрахутсем, баржăсем çӳреççĕ, вăл гидростанцисен турбинисене çаврать, çĕре шăварса тăрать. Çак çамрăк тинĕс хăйĕн пĕтĕм улăпла вăйне çынна парать. Ăна, транспорт, энергетика тата ирригаци ĕçне «мобилизациленĕ».

Цимлянски тинĕсĕн пурнăçĕ 1952 çулта кăна пуçланнă, анчах унăн хăйне май уйрăмлăхĕ, хăйĕн режимĕ палăрма пуçланă та ĕнтĕ. Унăн çав уйрăмлăхсем çинчен халех чылай интереслă япаласем каласа памя пулать.

Цимлянски станицинче, тинĕс хĕрринче, пĕр шурă чул çурт ларать. Çав çуртра наукăпа тĕпчев учрежденийĕ—Цимлянски тинĕс обсерваторийĕ вырнаçнă. Обсерваторин научнăй сотрудникĕсем Цимлянски тинĕсĕн улшăнăвĕсене, унăн хăйне евĕр режимне сăнаса тăраççĕ. Наукăллă сăнавсем тинĕс хуçалăхĕнче ĕçлекенсемшĕн çав тери паха пулса тăраççĕ. Тинĕс шывĕн хăватлă вăйĕпе пĕлсе усă курас тесе, транспортниксем, энергетиксемпе ирригаторсем хăйсен хуçалăхĕн тĕп никĕсне—тинĕсе лайăх пĕлсе тăмалла. Кунсăр пуçне, Цимлянскинчи тинĕс обсерваторийĕ тунă сăнавсем коммунизмăн ытти аслă стройкисене—çĕнĕ тинĕссем тунă чухне—питех те усăллă пулаççĕ.

Цимлянски тинĕсĕ çинче пĕрремĕш навигаци вĕçленчĕ. Халĕ вăл пăрпа витĕннĕ. Тинĕс çывăхĕнчи станицăсемпе хуторсенчи ача-пăчасем çĕнĕ тинĕсĕн малтанхи пăрĕ çинче конькипе ярăнаççĕ. Тинĕс обсерваторийĕн научнăй сотрудникĕсем çуллахи сăнавсен итогне тăваççĕ. Çу каçиччен вĕсем водохранилище пурнăçĕ çинчен интереслă материалсем нумай пухнă.

Çил-тăвăл вăхăтĕнче тинĕс хумĕсем икшер метра яхăн çĕкленни те час-часах пулать. Çак тинĕс çинче сейшсем (каплanса килекен хумсем) çĕкленнине, шыв чакса е тулса килнине сăнама пулать. Ăна ытти тинĕссемпе пысăк кӳлĕсенче те сăнаççĕ. Çавăн пек тăвăллă хумсенчен пĕри вăл Цимлянски тинĕсĕ çинче 1952 çулхи çулла пулса иртнĕ. Кăнтăрлахи шăрăх вăхăтра «астраханец»—Астрахань енчен çил вĕрме тытăннă. Хĕвелтухăç енчи—çил вĕрекен çыранри шыв, ахаль чухнехипе танлаштарсан, 40 сантиметра яхăн чакнă, хĕвеланăç енчи çыранта пачах урăхла—40 сантиметр таран тулнă. Çапла вара, тинĕс çийĕ 80 сантиметр таран тайăлнă (чалăш) пулнă. Унта вара, çил вĕрме чарăннă та, çӳлĕ хумсем каялла, хĕвеланăçран хĕвелтухăçнелле чакма пуçланă. Штормсемпе сейшсем пулассине тинĕс обсерваторийĕ вăхăтра пĕлтерсе тăрать. Обсерваторин сăнав посчĕсем пур; тинĕс çинче мĕнле улшăнусем пулса иртнине вĕсем тĕрĕс палăртаççĕ. Вăйлă тăвăлсем вăхăтĕнче суднăсене çытанма юри тунă хӳтĕ портсем пур.

Пур тинĕссем çинче те лăпкă вăхăт сайра кăна пулать. Лăпкă çанталăкра та тинĕс хумхансах, çырана çапăнсах тăрать. Тинĕс ялан ĕçлет, хăйĕн çыранĕсене вĕçĕмсĕрех çĕнетсе улăштарать. Çавна ĕнтĕ абрази теççĕ. Цимлянски тинĕсĕ çинче абрази процесĕ чылай активлăн пулса пырать, мĕншĕн тесен кунта ялана хум вылять, тинĕс çыранĕсем те кăпăш, тăмлă. Тинĕс çыранĕсем хăвăрт улшăнаççĕ. Сăмахран, Нагавская станица тĕлĕнчи çыран çу каçиччен 50—60 метр таран ишĕлнĕ. 1952 çулхи çулла пулса иртнĕ абрази процесĕсене сăнаса пĕлнĕ тăрăх, обсерваторинчи научнăй сотрудниксем, тинĕс чылай сарăлассине—миллиард кубометр шыв хушăнассине палăртнă. Çав чĕрĕ сĕткен мĕн чухлĕ тулă, çĕр мамăкĕ, виноград тата ытти пахча çимĕçсем туса илме май парать! Цимлянски тинĕсĕ çинче пулса иртекен улшăнусене сăнани Совет Союзĕнчи шăрăх çанталăклă çеçенхирсемпе пушхирсенче çĕнĕрен тăвакан тинĕссен çыранĕсем мĕнле пулассине халех пĕлсе тăма пулăшать.

Тинĕс обсерваторийĕнчи гидрологсем шыв виçине сăнаса тăраççĕ. Вĕсем тулмалли шыва шута илеççĕ, шыв тулнипе чакнине танлаштараççĕ. Тинĕсе çурхи шывпа тата ытти юханшывсенчен мĕн чухлĕ шыв юхса кĕнине те пĕлеççĕ.

Тинĕс бассейнĕнче ятарласа тунă гидрометеорологи пункчĕсем — метеостанцисем, шыв таранăшне виçсе пĕлекен постсем, куçса çӳрекен е пĕр вырăнта ĕçлекен гидрометеорологи лабораторийĕсем пур. Çав йышши икçĕр ытла учреждени тинĕс пурнăçĕ çинчен тата унăн шыв режимĕ пирки научнăй сăнавсем тăваççĕ.

Цимлянски тинĕсĕн обсерваторийĕн пĕр пысăк кабинетĕнче дежурнăй гидролог ларать. Вăл пĕтĕм тинĕсе—унти штормсене, унăн лăпкă хумĕсене те «курать», тинĕс тĕпне те «анса пăхать». Тинĕсре мĕн чухлĕ шыв тăнине, уй-хирсене шăварма, ГЭС валли, суднăсем çӳремелли каналсем валли мĕн чухлĕ шыв кайнине те вăл тĕп-тĕрĕсех калама пултарать. Кунта час-часах радиорацисен сигналĕсем илтĕнсе каяççĕ. Дежурнăй гидролог радиотелефон патне пырать те гидрометеостанцисенчен донесенисем илет. Çавăнпа вăл тинĕс çинче мĕн-мĕн пулса иртнине йăлтах «курса» тăрать.

Пĕррехинче, шăрăх çанталăклă кăнтăрла вăхăтĕнче, обсерватори бассейнăн хĕвелтухăç енчи метеостанцийĕсенчен шăрăх çил пуçланни çинчен хыпар илнĕ. Темиçе минутран «Волна» — куçса çӳрекен гидрометеостанци каласма пуçланă. Вăл сасартăках шторм пуçланни çинчен сводка панă. Тинĕсре акă мĕн пулса иртнĕ: шăрăх çил, хĕвелтухăç енчи çырантан тинĕселле кĕрсе çав тери хăвăрт куçса пынă, тинĕс çинче пысăк хумсем çĕкленĕ Пысăк хăвăртлăхпа куçакан сывлăш юхăмĕ çӳлти сывлăша тата ытларах туртса илнĕ те тинĕс тĕлĕнче варринке пулса тăнă. Икĕ метр çӳлĕш кăпăклă хумсене çыран хĕрринелле хăваласа шторм ахăрма пуçланă. Тинĕс хĕрринче çĕнĕ поселоксемпе станицăсенчи çынсем шторм курма чупса тухнă. Темиçе уйăх каярах кăна, хальхи тинĕс вырăнĕнчи çеçенхирте типĕ çил çаврăннă.

— Курăр-ха, мĕн хăтланать! — тенĕ тĕлĕнсе, ватă казак, ĕмĕрех çеçенхирте пурăннăскер, — кунашкал хумсене нихçан та курман эпĕ, — хавасланнă вăл.

— Мĕнле пултăр-ха тата, тинĕс вĕт!—мăнаçлăн тавăрнă тепĕр çамрак.

Пурте вĕсем хумсем вăйлăрах çĕкленчĕр, çĕнĕ тинĕс хăйĕн вăйне кăтарттăр, тесе ĕмĕтленнĕ.

— Тӳпенелле пăхăр-ха, — тенĕ тахăшĕ.

— Э-хе! Ара, çумăр капланса килет мар-и!

Станица тĕлĕнче, тап-таса тӳпере, кăпăшка шурă пĕлĕтсем пухăнса килнĕ: тинĕсрен кăпăклă хумсем çĕкленеççĕ, тейĕн. Çынсем куç умĕнчех çумăр пĕлĕчĕсем капланма тытăннă. Вĕсем сарăлсах, тĕксĕмленсех пынă. Кĕçех вĕсем, тĕксĕм кăвак чаршав пек, пĕтĕм тӳпене хупласа илнĕ. Сунтарасла пĕçертекен шăрăх самантрах сирĕлнĕ, сывлăш сивĕнме пуçланă. Çумăр пулассăн сисĕннĕ. Сасартăк, хура пĕлĕте çурса, çиçĕм йăлтлатнă. Тӳпере аслати кĕмсĕртетме пуçланă. Вĕри çĕр çине кĕмĕл тенкĕ пек çумăр тумламĕсем шăпăртатма тытăннă. Çынсем çумăртан пытанман, çыран хĕрринчех тăнă.

— Акă ăçта вăл ырлăх!—савăннă ватă казак.—Çак çумăр пирĕн тинĕсренех-ши вара?

— Пирĕн тинĕсренех, мучи! Ку пирĕн Цимла çумăрĕ! — хавхалансах ăнлантарнă пĕр çамрăк — колхоз бригадирĕ.

Чăнах та ĕнтĕ, станица çийĕн, тинĕс çийĕн, çеçенхир çийĕн çăвакан çав çумăр — Цимлянски тинĕсĕн çумăрĕ пулнă, вăл ăна пула çунă.

Çак самантра обсерваторинчи çынсем те лара-тăра пĕлмен: вĕсем те Цимла çумăрне малтанхи хут кураççĕ. Дежурнăй метеоролог инçетри метеостанцисенчен икçĕр километр тавра çанталăк мĕнле тăни çинчен ыйтса пĕлнĕ. Вара акă мĕн палăрнă: Цимлянски тинĕсĕ тавра 200—300 километр аякра вырнаçнă метеостанцисем, унта çумăр çумасть, тесе пĕлтернĕ. Унтан метеоролог çывăхри станцисене чĕнсе калаçнă. Обсерваторийĕнчен 60 çухрăм аякрарах тăракан Котельниковăран çапла пĕлтернĕ: «Горизонтра, хĕвеланăç енчен, тăвăллă çумăр килни курăнать».

— Ку шăпах ĕнтĕ пирĕн Цимла çумăрĕ! — савăнса пĕлтернĕ ученăй.

Станцисемпе сăнав пункчĕсем тунă гидрометеорологиллĕ сводка тăрăх çумăр мĕнле пуçланса кайнине пĕлме йывăрах пулман. Вăйлă сывлăш хумĕсем, тинĕсĕн хĕвеланăç енчи çыранне çитсе çав тери хăвăрттăн çӳлелле çĕкленнĕ. Çӳлте сивĕннĕ те Цимлянски тинĕсĕнчен хăпаракан шыв пăсĕне пĕрлешсе çумăр пĕлĕчĕсем пулса тăнă, тинĕс тавра 50—60 километра яхăн çĕр лаптăкĕ çине çунă, унтан инçетерех çав тери шăрăх çанталăк тăнă.

Июнь, июль, август уйăхĕсенче Цимлянски тинĕсĕнчен пулса кайнă çумăр темиçе хутчен те çунă. Çу каçиччен тинĕс шывĕ пăс пулса кайнипе кăна 200 миллиметра яхăн чакать. Шыв пăс пулса сывлăша хăпарать. Çакă тинĕс çывăхĕнче çанталăка палăрмаллах лайăхлатать.

Обсерваторинчи ученăйсем тинĕс хĕрринчи хăшпĕр вырăнсем «икĕ хĕвел» ăшшипе ăшăнса тăнине асăрханă. Хĕвел ăшши, тĕкĕр çине ӳкнĕ пек, шывăн çиелти сийĕ çине ӳкет те каялла хăпарса таврана сарăлать. Тинĕс çывăхĕнчи вырăнсенче нӳрлĕхпе ăшă нумай пулнă пирки, унти çутçанталăк условийĕсем субтропикăри евĕрлĕрех пулса каяççĕ. Çавăн пек пĕчĕк субтропикăра кăнтăр енче ӳсекен виноград тата цитрус йывăççисене ăнăçлăнах ĕрчетме пулать. Вăл çапла пулмалла та! Ку таврара тĕрлĕрен сывлăх учрежденийĕсем тума шухăшлаççĕ.

Этем хăй вăйĕпе тунă тинĕс çутçанталăка мĕн тери улăштарать. Дон тăрăхĕнче пушхир чаксах, пĕтсех пырать. Çеçенхир малашне илемлĕ чечек сачĕ пек капăрланĕ!

**С. СИДОРОВ.**



Чехословаки республики. Кăнтăр Чехире Праховнцăра пысăк цемент завочĕ тăваççĕ. Вăл республикăри чи пысăк предприятисенчен пĕри пулать. Завода 1949 çулта тума тытăннă, ăна кăçал çулла туса пĕтермелле. УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: строительство начальникĕ Иозеф Бартушек (сылтăмра) Владимир Мароусек мастера тата Станислав Мах бригадира кăтартусем парать.

(ТАСС фотохроники).

# Клемент Готвальд çĕнĕ çул ячĕпе радиопа каланă сăмах

ПРАГА, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Чехословаки Республикин президенчĕ Клемент Готвальд, Чехословаки халăхне çĕнĕ çул ячĕпе саламласа, радиопа сăмах тухса каланă.

Иртнĕ çулхи пĕтĕм тĕнчери хару-тăрăвăн тĕп тапхăрĕсем çинчен каласа, Готвальд çакна паллă тунă: халăхсем миршĕн тăрăшни империалистсен шухăш-ĕмĕчĕсенчен вăйлăрах пулчĕ.

Халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе декабрь уйăхĕнче Вена хулинче пухăннă Конгресĕ мире сыхласа хăварассишĕн тата тĕреклетессишĕн пыракан пĕтĕм тĕнчери юхăм анлă сарăлнине питĕ лайăх кăтартса пачĕ, тенĕ Готвальд. Тĕнче историйĕнче Конгреса çакăн чухлĕ халăх представителĕсем, халăхăн анлă сийĕсен представителĕсем хутшăнни çав Конгресри пек халиччен пулманччĕ-ха. Унта 85 çĕршыв представителĕсем, тĕрлĕ класс представителĕсем тата политикăпа тĕн пирки тĕрлĕ шухăшлакан представительсем пулнă. Апла пулин те вĕсем пурте çакăнпа килĕшнĕ: пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварма пулать, сыхласа хăвармалла та. Государствăсем хушшинче вăрçăпа çеç татса памалли нимĕнле тавлашулă ыйтусем те çук.

Миршĕн пыракан юхăм пĕтĕм тĕнчипе анлă сарăлни тата ку юхăмăн иртнĕ çулхи çитĕнĕвĕсем Совет Союзĕн мирлĕ политики питĕ пысăк вырăн йышăнса тăнине тепĕр хут палăртаççĕ. Совет Союзĕ пĕтĕм тĕнчери мир лагерĕн тĕп тĕрекĕ тата мире юратакан пĕтĕм этемлĕхĕн шухăшне палăртакан çĕршыв пулса тăрать.

Çак тĕп задачăна илсе пăхас пулсан, тенĕ малалла Готвальд, пирĕн çĕршыври тата пĕтĕм тĕнчери миршĕн пыракан кĕрешĕве илсе пăхас пулсан, пирĕн иртнĕ çулта пулса иртнĕ шалти событисене те хаклани кирлĕ. Паллă событисем шутне, паллах, государствăна хирĕçле ĕç тунă каварçăсен центрне аркатса тăкни кĕрет...

Малалла Клемент Готвальд Чехословаки промышленноçĕпе ялхуçалăхĕн строительстви çинчен чарăнса тăнă. Готвальд çакна палăртнă: каварçăсен усал шухăшĕсене тата саботажла ĕçĕсене пăхмасăр, Чехословакин промышленность производстви иртнĕ çулта, 1951 çулхипе танлаштарсан, 18 процент чухлĕ ӳснĕ. Çапла ĕнтĕ, тенĕ Готвальд, пирĕн промышленность производстви аталаннин хăвăртлăхĕ, иртнĕ çулсемпе танлаштарсан, чакмарĕ, пачах урăхла, ӳсрĕ. Эпир хамăрăн пурнăç ăнса пытăр тесе шанчăклăн ĕçлетпĕр, пĕр вăхăтрах хамăрăн шалти рынокăн ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме тăрăшатпăр.

Ялхуçалăхĕнче те çавăн пекех. Кунта та, каварçăсем саботажла ĕçсем тунă пулин те, вĕсем вакă тата вăтам хресченсем хушшинче сиенлĕ шухăшсем сарма тăрăшнă пулин те, пĕрлĕхлĕ ялхуçалăх кооперативĕсем ӳссе, тĕреклĕнсе пынин хăвăртлăхĕсем чакмарĕç кăна мар, нумай ӳсрĕç.

Çĕнĕ çулта, тенĕ юлашкинчен Готвальд, пирĕн хамăрăн пĕтĕм вăя хурса ĕçлес пулать. Пирĕн задачăсен шухăшĕпе тĕллевĕ вăл пирĕн халăх валли ырă пурнăç тăвасси, пирĕн демократиллĕ халăх государствине тĕреклетесси тата пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварасси пулать. Эпир çак задачăсене пурнăçлама пултаратпăр. Мĕншĕн тесен эпир, сутăнчăксен хăрушă бандинчен хăтăлнă хыççăн, лайăхрах хĕçпăшалланса, малалла пыратпăр. Чехословакири Коммунистсен партийĕн Наци конференцийĕ тата партин конференци ырланă çĕнĕ Уставĕ пирĕн партин шайне нумай çĕклĕç, унăн речĕсене тĕреклетĕç. Шансах тăмалла, пирĕн мухтавлă Коммунистсен партийĕ пирĕн халăхăн анлă сийĕсене тата пирĕн пĕтĕм наци фронтне çĕнĕ çĕнтерӳсем патне тата лайăхрах, тата шанчăкларах ертсе пырĕ. Мĕншĕн тесен эпир мирĕн хăватлă лагерĕн речĕсенче, Сталин хыççăн совет халăхĕпе çума-çумăн пыратпăр. Çавăнпа паян, çĕнĕ çула кĕнĕ чухне, эпир мăнаçлăн тата татăклăн çапла калар: пĕтĕм тĕнчери прогреспа демократин Чехословаки ударнăй бригади, малалла, пилĕк çуллăх плана тултарассишĕн, пĕтĕм тĕнчери миршĕн малалла!

## *Болгари 1953 çулта*

СОФИЯ, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Кăçал Болгари халăхĕ иккĕмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçа кĕртме тытăнать.

Правительство 1953 çул валли çирĕплетнĕ халăх хуçалăх планĕ тăрăх пысăк капитальнăй строительство тума палăртнă. Капиталовложенисен калăпăшĕ 1952 çулхи шайран 22 процент иртсе каймалла. Вуншар çĕнĕ предприятисем ĕçлеме тытăнаççĕ, хальхи вăхăтра ĕçлекен нумай предприятисене çĕнетеççĕ тата аслăлатаççĕ. Кăçал Болгарире пĕрремĕш хут хурçă шăратса кăларма тытăнаççĕ. Халĕ В. И. Ленин ячĕпе тăракан металлурги завочĕн хăватлă мартен цехĕсене тăваççĕ. Государствăн сода заводне, Пловдив хулинчи «Марица» тата Габрово хулинчи «Балкан» ятлă пысăк пирăвăр комбиначĕсене, Димитрово хулинчи центральнăй обогатительнăй фабрикăна, пенициллин туса кăларакан пĕрремĕш завода тата ытти фабрикăсемпе заводсене сывăх вăхăтрах туса çитереççĕ.

1953 çулта промышленность 16 процент ытларах продукци туса кăларать. Халăх Болгарийĕ социализм патне пырас çĕрте çĕнĕ пысăк утăм тăвать.

## Китайра И. В. Сталин юлташăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем" ятлă ĕçне тата КПСС XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕренеççĕ

ШАНХАЙ, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Китайра И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă генилле ĕçне тата КПСС XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕренекенсен йышĕ ӳссе пырать. Государство учрежденийĕсенче, фабрикăсемпе заводсенче тата шкулсенче йышлă ушкăнсем тунă. Вăл ушкăнсенче занятисене пĕрлĕхлĕ план тăрăх ирттереççĕ.

Хальхи вăхăтра Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă ĕçне тата съезд материалĕсене государство органĕсенче ертсе пыракан вырăнсенче ĕçлекен 310 пин работник ытла вĕренет. Шаньдун, Цзянсу тата Фуцзянь провинцийĕсенчи уездсенчи учрежденисенчи тата предприятисенчи работниксем те съезд материалĕсене вĕренме тытăннă.

Хаçат çапла çырать: партин ертсе пыракан вырăнĕсенче ĕçлекен тата предприятисемпе учрежденисенчи работниксем партин çакăн пек паллă документĕсене вĕренес ĕçе хальхи вăхăтра Коммунистсен партийĕпе Китайри ĕççыннисем пурнăçлакан задачăсемпе çыхăнтараççĕ.

## „Женьминьжибао" хаçат Китай Халăх Республикин 1952 çулхи задачисем çинчен

ПЕКИН, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС) «Женьминьжибао» хаçат «1953 çулхи аслă задачăсене пурнăçлама хатĕрленсе» ятлă умстатьяра çакна кăтартса парать. 1953 çулта Китай халăхĕ умĕнче виçĕ тĕп задача тăрать. Вăл задачăсем: Америка агрессине хирĕç пыракан кĕрешĕве тата Корейăна пулăшассишĕн пыракан кĕрешĕве малалла та вăйлатса пырасси; пĕрремĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлама тытăнасси; халăх представителĕсен Пĕтĕм Китайри пухăвне пухасси. Вăл пуху Китай Халăх Республикин конституцине тата государство строительствин планне йышăнмалла.

Китай Халăх Республикин промышленность тата ялхуçалăх производствин ӳсĕмĕ çинчен асăнса, хаçат çакна кăтартса парать: 1952 çулта промышленноçпа ялхуçалăх продукцийĕ, хак енчен шутласан, 1949 çулхинчен 65 процент ытларах пулнă. Вăрçăчченхи производствăн чи çӳлĕ шайне 100 вырăнне шутласан, тулли мар сведенисем тăрăх, 1952 çулта чугун туса кăларасси 105 процент, хурçă—170 процент, çĕр кăмрăкĕ—95 процент, электроэнерги—114 процент, цемент—153 процент, çĕр мамăк çипĕ—150 процент, çĕр мамăк пир-авăрĕ—165 процент, хут—212 процент, тĕштырă—109 процент, çĕр мамăк туса илесси 155 процент пулнă. Çак çитĕнӳсем, паллă тăвать малалла хаçат, Китай Халăх Республикинче экономикăллă строительствăна анлă сарса яма лайăх майсем туса пачĕç.

Хаçат çакна кăтартса парать: çĕнĕ, 1953 çулта тăракан питĕ пысăк задачăсене пурнăçлани пĕрремĕш пилĕк çуллăх плана тултармалли çирĕп никĕс пулĕ. Юлашкинчен хаçат çапла çырать: 475 миллионлă Китай халăхĕ Мао Цзе-дун ертсе пынипе тата Сталин юлташ пулăшнипе çĕнĕрен те çĕнĕ çĕнтерӳсем тăвассишĕн кĕрешĕ. Хаçат пĕтĕм Китай халăхне малашне тата пысăкрах çĕнтерӳсем тăвассишĕн пĕрлешме чĕнсе калать.

### ЧЕХОСЛОВАКИРИ ĔÇÇЫННИСЕМ 1952 ÇУЛТА ПРОИЗВОДСТВĂРА ТУНĂ ÇИТĔНӲСЕМ

ПРАГА, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословаки республикинчи ĕççыннисем готвальдла пилĕкçуллăхăн иллĕкмĕш çулне пуçланă. Çĕршыври пиншер предприятисем 1952 çулхи плана срокчен тултарнă тата ирттерсе тултарнă. Çурçĕр-Чехири çĕр кăмрăк бассейнĕнчи горняксем 1952 çулта планран ирттерсе 502 пин тонна çĕр кăмрăкĕ кăларнă. Ку бассейнри Ян Шверма ячĕпе тăракан шахта коллективĕ кăна çĕршыва планран ирттерсе 129 пин тонна çĕр кăмрăкĕ панă.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: Халăх çарĕн тата Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем тăшмана хирĕç оборонăра тăрса çапăçаççĕ.

Ĕнер çĕрле Америка самолечĕсем Пхеньян сывăхĕнчи мирлĕ халăх пурăнакан пунктсем çине каллех пырса тапăннă.

Зенитнăй чаçсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем январĕн 2-мĕшĕнче тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ, 4 самолетне сиенленĕ.

## Гоминдановецсен Бирмăри бандисен ирсĕр ĕçĕсем

КАРАЧИ, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Юнайтед Пресс оф Пакистан агентствин Рангунри корреспонденчĕ çапла пĕлтерет: гоминдановецсен бандисем Китайпа Бирма чикки çывăхĕнчи районта ирсĕр ĕçсем тума пăрахмаççĕ. Нумаях пулмасть гоминдановецсен автоматсемпе хĕçпăшалланнă 500 салтакĕ Шань государствинчи Монг-Шу ятлă яла туртса илнĕ. Вĕсем ялта пурăнакансене «налог» тӳлеме тата банда валли апат-çимĕç парса тăма хушнă.

## Правительствăн суйлав „реформин" закон проектне хирĕç протестлеççĕ

РИМ, январĕн 2-мĕшĕ (ТАСС). Италире правительство суйлав системин «реформи» çинчен закон проекчĕ тунине хирĕç пыракан протест юхăмĕ халĕ те чарăнмасть. «Унита» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, çав «реформăна» хирĕç протестлесе, Милан, Болонья тата ытти нумай хуласемпе ялсенче митингсем пулса иртнĕ. Равенна провинцийĕнчи промышленноçри рабочисем, батраксем тата çĕрсене çурмалла акса тăракан хресченсем декабрĕн 30-мĕшĕнче забастовка ирттернĕ. Забастовкăсем çавăн пекех Болонья, Феррара, Модена, Монфалькон (Гориция провинцийĕ) хулисенчи заводсенче тата Павия провинцийĕнчи 50 ытла предприятире пулнă.

Халăхăн вуншар делегацийĕсем, протест резолюцийĕсене парас тесе, правительство влаçĕсен представителĕсем патне пыраççĕ.

## США-ра раса террорĕ алхасать

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Иртнĕ çулхи декабрĕн 30-мĕшĕнче Нью-Джерси штачĕн тĕрминче Инглиш (çынна вĕлерни тесе суя майпа айăпланă ултă çынтан пĕри) вилнĕ. 1948 çулта суд пулнă хыççăн Инглиша тата ним айăпсăр тепĕр пилĕк негра, çынна вĕлерне тесе айăпласа, вĕлермелле туса приговор йышăннă пулнă.

США-ра тата пĕтĕм тĕнчере пур çĕрте те протестленине пула, Нью-Джерси штатĕнчи судăн ку приговора тепĕр хут пăхса тухма, «айăплă ултă çынна» çĕнĕрен суд тума тивнĕ. Иккĕмĕш хут 1951 çулта суд тунă хыççăн тăватă негра тӳрре кăларнă, анчах иккĕшне—Инглиша тата Купера ĕмĕрлĕхех тĕрмене хупмалла тунă. Иккĕмĕш хут суд тунă вăхăтра Инглиш чĕре чирĕпе йывăр чирлĕ пулни уççăнах палăрнă. Инглиша судра хӳтĕлекен представительсем ăна ирĕке кăларма е кирлĕ пек медицина пулăшăвĕ пама требовани лартнă. Анчах та ун пек туман.

Нумаях пулмасть Нью-Джерси штатĕнчи верховнăй суд Инглишпа Купер ĕçне тепĕр хут пăхса çакна палăртнă: Инглишпа Купере «свидетельсем тĕрĕс мар кăтартса панине пула» айăпланă, çавна пула вĕсене тепĕр хут суд тумалла.

## СИРИРИ ЛАРУ-ТĂРУ

БЕЙРУТ, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Ливанри хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Сирире çынсене халĕ те арестлеççĕ. «Телеграф» хаçат çапла çырать: Сирин премьер-министрĕ пулнă Мааруф Ад-Давалибине, çавăн пекех 250 студента арестленĕ.

Хаçат малалла çакна паллă тăвать: профсоюзсен руководителĕсене те арестленĕ. Сăмахран, арестленĕ руководительсем хушшинче Сирири рабочисен Конгресĕн председателĕ Ибрагим Бакри пур.

## Японире разведка службине тепĕр хут тунă

ТОКИО, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Киодо Цусин агентстви пĕлтернинчен çакă паллă: Японире «информаци бюровĕ» текен ятпа разведка службине тепĕр хут тăваççĕ. Киодо Цусин агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Япони правительстви «информаци бюровне» организацилес тĕлĕшпе плансем туса пĕтернĕ. Вăл «бюрора» çар специалисчĕ пулнă тата гражданла çынсем 200 яхăн ĕçлемелле.

Шанчăклă çынсенчен илнĕ сведенисем тăрăх, тесе пĕлтерет агентство, паян çакă паллă пулчĕ: «информаци бюровĕ» 4 пайран тăмалла. «Виççĕмĕш пайĕ» коммунистла çĕршывсем çинчен тата Японири коммунистсен ĕçĕсем çинчен ятарласа информацисем пухас тĕлĕшпе ĕçлемелле. Авторитетлă çынсем çапла калаççĕ: правительство «виççĕмĕш пай» тăвасси çинчен никама та пĕлтермест, мĕншĕн тесен Кăнтăр-Хĕвелтухăç Азири çĕршывсенчи тата коммунистла çĕршывсенчи халăхсем кун пек ĕçе сивлессинчен хăрать.

## США Канадăна суту-илӳ тума чăрмантарать

ОТТАВА, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). США правительстви сĕтрен тунă продуктсене Канадăран Америкăна кӳрсе пыма юрие чăрмантарнине пула, Канадăри фермерсем пысăк йывăрлăхсем тӳссе ирттереççĕ. Фермерсем çĕнĕ йывăрлăхсем умĕнче тăраççĕ.

Декабрĕн 30-мĕшĕнче Пĕрлешӳллĕ Штатсен правительстви Канадăран сĕт порошокĕ кӳрсе пырассине татах та чакарасси çинчен пĕлтернĕ. 1952 çулта Канадăран Америкăна 10 миллион кĕренке сĕт порошокĕ илсе пынă пулнă.

Канадиен Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, сĕт промышленноçĕн Наци совечĕ çакăн пек требовани лартать: Канадăран Америкăна апат-çимĕç илсе пырассине сахаллатнине хирĕç мерăсем йышăнмалла, Канада правительствин Америка таварĕсене Канадăна сахалтарах илсе пырас тесе тăрăшмалла.

### АНГЛИ УКÇА-ТЕНКĔ ÇИТМЕН ПИРКИ ЙЫВĂРЛАХСЕМ ТӲСЕТ

ЛОНДОН, январĕн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Финанс министерстви 1952—1953 финанс çулĕн малтанхи тăхăр уйăхĕ çинчен пичетлесе кăларнă сведенисем çакăн çинчен калаççĕ: мирлĕ тапхăра илес пулсан, Англи бюджетĕнчи дефицит хальхи пек нихçан та пулман. Ялanхи тупăшсемпе расходсен дефицичĕ 525 миллион фунт стерлинг шутланать. Капитальнăй строительство текенскер валли (уйрăммăнах муниципальнăй органсене кивçен паракан укçа) каякан расход 426 миллион фунт стерлинга çитет. Пĕтĕмĕшле дефицит хисепĕ 951 миллион фунт стерлинг таран шутланать. Иртнĕ финанс çулĕн малтанхи тăхăр уйăхĕ хушшинчи танлаштарулă цифрăсем çакăн чухлĕ пулаççĕ: тупăшсемпе расходсен дефицичĕ—226 миллион фунт стерлинг, пĕтĕмĕшле дефицит—606 миллион фунт стерлинг.

Правительство укçа-тенкĕ пирки йывăрлăх тӳсни васкаса хĕçпăшал хатĕрленинчен килнине «хĕçпăшаллă вăйсене тытса тăма» 160 миллион фунт стерлинг хушса пани лайăх кăтартса парать. Вăл укçана, тĕпрен илсен, хĕçпăшаллантарас çĕре яраççĕ.

### МАЛЬТУЗИАНСТВĂНА ХӲТĔЛЕКЕН МРАКОБЕС

ЛОНДОН, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви пĕлтернĕ тăрăх, философи докторĕ Уильям Сноу священник, Богнор-Реджис хулинчи (Кăнтăр Англи) чиркӳре çĕнĕ çул ячĕпе проповедь вуласа панă. Вăл çапла каланă: паян тĕнчене хăратса тăракан чи пысăк хăрушлăх вăл тĕнчери виççĕмĕш вăрçă мар, çĕр чăмăрĕ çинче халăх ытла та нумайланса кайни пулать.

Сноу «ачасем çуралнине пĕтĕм тĕнчипе тĕрĕслесе тăма» чĕннĕ. Вăл çапла каланă: алхасакан чир-чĕрсем, выçлăх, атомлă бомбăсем е ача çуратассине чакарасси çинчен килĕшӳ туни кăна тĕнчене халăх ытла нумайланса кайнинчен çăлса хăварма пултараççĕ.

Сноу пĕтĕм тĕнчери парламент тума сĕнӳ панă. Вăл парламентăн, Сноу шучĕпе, кашни çĕршыв валли çулсерен ача çуратмалли норма туса памалла.

## Заочниксен сессийĕ

Чăваш педагогика институтĕнче заочнă вĕренекенсен хисепĕ çултан-çул ӳссе пырать. Кунта хамăр республикăри шкулсенче ĕçлекен учительсем çеç мар, Мари, Мордва АССР-ĕнчи учительсем те чылай вĕренеççĕ. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче 100 ытла заочник-учитель педагогика институтĕнчен вĕренсе тухса диплом илнĕ.

Январĕн 2-мĕшĕнче кунта заочниксен хĕллехи сессийĕ пуçланчĕ. Унта 700 яхăн учитель пухăннă.

Заочниксем лекцисем итлеме пуçларĕç. Марксизм-ленинизм кафедри И. В. Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă çĕнĕ произведенийĕ тăрăх лекцисен циклне ирттерме палăртнă.

В. ШАЛТАЙКИН.

## Шăхасан районĕнчен килнĕ хыпарсем

Çуракине тимлĕн хатĕрленеççĕ. Районти колхозсенче çитес çуракинче акма вăрлăх хатĕрлес ĕç хĕрӳллĕн пырать. Энтриялĕнчи «Герой» колхоз вăрлăх фондне пĕтĕмпех сортлă тырă хывса хăварнă. Вырăнти Советсен суйлавĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, колхозниксем çак кунсенче çуракине хатĕрленес ĕçре чылай пысăк çитĕнӳсем турĕç. Вĕсем çитес çуракинче акма кирлĕ чухлĕ мĕнпур вăрлăха сортласа тасатрĕç. Пурĕ 250 центнер тулă, 246 центнер сĕлĕ, 120 центнер пăрса, 30 центнер хуратул, 3 центнер вир вăрлăхĕсене сортласа тасатнă. Çавăн пекех колхозра ялхуçалăх машинисене юсаса хатĕрлес тĕлĕшпе те тимлĕн ĕçлеççĕ. Колхоз тимĕрçи çак кунсенче 16 плугпа сеялкăна юсаса пĕтерчĕ.

Вырăнти Советсен суйлавĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнса, Калинин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн членĕсем кĕске вăхăт хушшинче 560 центнер вăрлăх сортласа тасатрĕç.

Нумай ачаллă ача амăшĕсене пулăшни. Районта çичĕ çул хушшинче нумай ачаллă ача амăшĕсене 7.844.900 тенкĕ ытла парса пулăшнă.

Нумай ача пăхса ӳстернĕ 1.526 хĕрарăма «Ача амăшĕн мухтавĕ», орденсемпе тата «Ача амăшĕн медалĕ» медальсемпе наградăланă, икĕ хĕрарăма «Ача амăшĕ-героиня» ятне панă.

Машинăсен шучĕ ӳссе пырать. Районти МТС-а 1952 çулта 18 çĕнĕ трактор, 15 культиватор 15 сеялка тата 19 плуг илсе килнĕ. 13 колхоз жнейкăсемпе молотилкăсем; сеялкăсемпе сортировкăсем туянна. Пур колхозсенче те тенĕ пекех автомашинăсем пур.

В. ВЕСЕЛОВ.

## Хулари шахмат турнирĕ вĕçленчĕ

Шахматла выляса Шупашкар хулинче мала тухмалли чемпионат вĕçленчĕ. Малтанхи тăхăр вăйăра пĕрремĕш разрядник Студенецкий малта пычĕ. Анчах вуннăмĕш вăйăра вăл Сирогина выляса ячĕ. Çакăн хыççăн республика чемпионĕ Сергиевский Студенецкие хуса çитрĕ. Çапла вара, вĕсем 11 очко илме май пур çĕртен 10-шар очко илсе пĕрремĕшпе иккĕмĕш вырăнсене пайларĕç. Хула чемпионĕ кам пулассине палăртма Сергиевскипе Студенецкий тăватă парти ăмăртса вылямалла. Виççĕмĕш вырăнта пĕрремĕш разрядник Сиротин. Унăн сакăр очко. Малалли вырăнсене Чугунов—6 очко, Соловьевпа Яснопольский—$5^1/_2$-шер очко, Изосимовпа Сидоровăн $4^1/_2$-шер очко, Рожкопа Хаяркинăн 3-шер очко, Федоровăн $2^1/_2$ очко.

Çамрăк шахматистсем Соловьев, Яснопольский, Сидоров лайăх вылянине кăтартрĕç. Соловьевпа Яснопольский республикăри XVIII-мĕш шахмат чемпионатне хутшăнма тивĕçлĕ пулчĕç.

## Трактористсен курсĕ

ÇĔРПӲ. Машина-трактор станцийĕ çулсерен вуншар тракторист вĕрентсе хатĕрлет. Халĕ те кунта трактористсем хатĕрлекен курс ĕçлет, унта 31 çын вĕренет. Занятисене опытлă механиксемпе ялхуçалăх специалисчĕсем ирттереççĕ.

Х. ЛИСИН.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

# Студентсен общежитийĕсенче

Шупашкарти Чăваш государство педагогика институчĕпе ялхуçалăх институтĕнче вĕренекен студентсен общежитийĕсем пĕр-пĕринчен инçе мар. Вĕсем пурте Коммунальная слобода ятлă урамра вырнаçнă.

Акă, ялхуçалăх институтĕнче вĕренекен студентсен пĕрремĕш номерлĕ общежитийĕ, Кунта пурăнакан студентсен пурнăçпа йăла условийĕ лайăх. Студентсем çутă та ăшă пӳлĕмсенче пурăнаççĕ. Вĕсене лайăх вĕренме пурте çителĕклĕ. Кашни пӳлĕмре кашни студентăн ларса вулама-çырма уйрăм тумбочка пур. Вĕсем çиес те таса вырăнсем çинче выртса тăраççĕ. Йĕри-тавра портретсемпе тĕрлĕрен плакатсем. Кашни пӳлĕмре радио калаçать.

Студентсем хăйсен пушă вăхăтне коллективпа хаçат-журналсем вуласа, шахматпа шашкăла е доминопа выляса культурăллă ирттереççĕ. Кунсăр пуçне тата институтри партипе комсомол, профсоюз организацийĕсем, администраци тăрăшнипе канмалли кунсенче тĕрлĕрен темăсем тăрăх лекцисем пулаççĕ. Иртнĕ кунсенче кăна доцент Петропавловский «Студентсене наукăллă ĕçе хутшăнтарасси çинчен», доцент А. Ефейкин «Ботаника аталанăвĕн историйĕ» темăсем тăрăх лекцисем вуласа пачĕç.

Общежитире «Культурăшăн» ятлă стена хаçачĕ тухса тăрать.

Агрономи факультетĕнче 4-мĕш курсра вĕренекен студент И. Оферкин юлташ студентсен шухăш-кăмăлне палăртса çапла калarĕ:

— Хăвăрах куратăр, пирĕн общежитире йĕркелĕх пур. Партбюропа комсомол организацинчен тата профсоюзпа администрацинчен пирĕн пата килсех тăраççĕ. Пирĕн пурнăçпа интересленеççĕ. Çавна кура эпир хамăр та вĕренӳре лайăх ĕлкĕрсе пыма тăрăшатпăр.

Ялхуçалăх институтĕнче вĕренекен студентсен иккĕмĕш номерлĕ общежитинче арçынсем те, хĕрсем те чылайăн пурăнаççĕ. Кунта та студентсен пурнăçпа йăла условийĕ лайăх. Кунта та, пĕрремĕш номерлĕ общежитинчи пекех; пӳлĕмсенчи тасалăхшăн, тирпейлĕхшĕн ăмăрту пырать. «Культурăшăн» ятлă стена хаçачĕ вăхăтра тухса тăрать. Пуринчен ытла М. Палюковпа З. Давыдова староста пулса пурăнакан пӳлĕмсем кăтартуллă шутланаççĕ.

Чăваш государство педагогика институтĕнче вĕренекен студентсен общежитине пырса кĕнĕ çĕрте кирлĕ-кирлĕ мар япаласем, вутă пуленкисем йăваланса выртаççĕ. Унччен те пулмасть, пĕр пӳлĕмрен студент шыв патне тухрĕ. Вăл бак патне пычĕ те, ун çумĕнче ларакан авăрсăр кружкăпа вĕретнĕ шыв ĕçесшĕн пулчĕ. Анчах çук, бакне тирĕнтерсе антарас пек тайăлтарсан та унтан вĕретнĕ шыв пĕр тумлам та тухмарĕ. Ирĕксĕрех пысăк каткари шыва ăсса ĕçме тиврĕ.

Ĕçрĕ те, кружкине лартса: «Хăçан пирĕн общежитинче йĕркелĕх пулса çитĕ-ши?»—тесе, пӳлĕме кĕрсе кайрĕ.

Педагогика институчĕн администрацийĕ студентсен пурнăçĕпе йăла условине лайăхлатма тăрăшмасть. Студентсене вĕренме те, канма та, апат пĕçерме те услови çителĕксĕр. Çутă начар Выртса тăмалли простыньсемпе минтер пичĕсене вăхăтра улăштарса тăмаççĕ.

Ахальтен мар ĕнтĕ Ю. Кириллов, В. Ялушкин тата ытти студентсем çапла калаççĕ:

— Эпир, хамăрăн общежитинчи çитменлĕхсем çинчен директорăн хуçалăх енĕпе ĕçлекен заместительне Мадюськин юлташа темиçе хутчен те каласа панă, кунсăр пуçне, общежити совечĕн ларăвĕнче йышăннă постановленисемпе те паллаштарнă, анчах вăл нимĕнле мера та йышăнмасть.

Студентсем каланă тăрăх, ноябрь пуçламăшĕнче кунта хĕрлĕ кĕтес тума пĕр пӳлĕм уйăрнă. Ун хыççăн вăл пӳлĕме пĕр сĕтел, 4 пукан кĕртсе лартнă та урăх нимĕн те туман. Унта паянхи куна çитсе хаçат-журналсем те, шахматпа шашка та, доминопа радио та çук. Ситменнине тата пӳлĕмне хутса ăшăтмаççĕ.

Общежитинче преподавательсем, институтри партипе комсомол тата профсоюз работникĕсем сайра хӳтра кăна пулкалаççĕ.

Икĕ общежитире—икĕ тĕслĕх. Студентсене лайăх вĕренме кирлĕ условисем туса памалла.

И. ГРИГОРЬЕВ.
Г. МАКСИМОВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00904 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.